ПĔТĔМ ТĔНЧЕРИ ПРОЛЕТАРИСЕМ, ПĔРЛЕШĔР!

# КОММУНИЗМ ЯЛАВĔ

Совет Союзĕнчи Коммунистсен партийĕн Чăваш обкомĕпе Шупашкар хула комитечĕн тата Чăваш АССР Верховнăй Совечĕпе Шупашкар хула Совечĕн хаçачĕ

1953 çул
Ноябрь
17
ЫТЛАРИКУН
№ 224 (9133)
Хакĕ 20 пус.
36-мĕш çул тухать.

## Паянхи номерте:



## Плана кашни предприяти тăрăх тултармалла

Коммунистсен партийĕн XIX-мĕш съезчĕ йышăннă историллĕ решенисемпе хавхаланнă совет халăхĕ пилĕк çуллăх планĕн задинийĕсене ăнăçлăн пурнăçласа пырать. Социализмла промышленноçăн вунă уйăх хушшинчи ĕçĕн итогĕсем пиллĕкмĕш пилĕк çуллăх план ăнăçлăн пурнăçланса пынине кăтартса параççĕ.

Кăçалхи вунă уйăх хушшинче çĕршыври промышленность туса кăларнă пĕтĕм продукци пĕлтĕр çав тапхăр хушшинче туса кăларнинчен 10,5 процент чухлĕ ӳснĕ, 1940 çулхи шайран икĕ хут çурă ытларах пулнă.

Республикăри рабочисем, инженерсемпе техниксем тата служащисем, пĕтĕм совет халăхĕ пекех, пилĕк çуллăх плана срокчен пурнăçлассишĕн, ĕçсыннисем валли паха продукци нумайрах туса кăларассишĕн, таварсен хакне йӳнетессишĕн вăя шеллемесĕр ĕçлеççĕ. Пирĕн промышленность продукци туса кăлармалли вунă уйăхри плана пĕтĕмĕшпе 103 процент тултарнă, пĕлтĕрхи çав тапхăрпа танлаштарсан, 13 процент ытларах продукци туса кăларнă.

Предприятисем хушшинчи ăмăртура уйрăмах Шупашкарти электроаппаратура тăвакан завод паха тĕслĕхсем кăтартать. Вăл пĕр тикĕс, график тăрăх ĕçлет, халăх хуçалăхĕн пур заказĕсене те вăхăтра тата пысăк пахалăхпа пурнăçлать. Завод продукци туса кăлармалли вуннĕр уйăхри плана вунă уйăхра тултарнă. Ĕç тухăçлăхне ӳстермелли, продукцин хăйне ларакан хакне йӳнетмелли, тупăш илмелли заданисене те вăл ăнăçлă пурнăçласа пырать. Ку завод коллективĕн творчествăлла активлăхĕ мĕн тери пысăккине çакантан та курма пулать: рабочисем нормăсене вăтам шутпа 177 процент тултараççĕ. Пин ытла рабочи çулталăкри ĕç нормине срокчен пурнăçланă. Завод коллективĕ 1952 çулхи тăваттăмĕш кварталтанпа ĕнтĕ СССР Министрĕсен Совечĕн куçса çӳрекен Хĕрлĕ ялавне хăйĕн аллинче çирĕп тытса тăрать.

Буславккари çуртсем тăвакан завод, Шупашкарти лента тĕртекен фабрика, Улатăрти пăравуссем юсакан завод, Шупашкарти макарон фабрикипе сăра завочĕ тата ытти предприятисен коллективĕсем те хăйсем умĕнче тăракан задачăсене чыслă пурнăçласа пыраççĕ. Вунă уйăх хушшинче Çĕмĕрлери предприятисем халăх хуçалăхне планран ирттерсе 8,2 миллион тенкĕлĕх продукци панă.

Ĕлĕкрех юлса пынă Улатăрти атă-пушмак фабрики, Шупашкарти Ленин ячĕпе тăракан фабрика, Буславккари райпромкомбинат тата ыттисем те кăçал хăйсен ĕçне чылай лайăхлатрĕç. Çĕмĕрлери йывăç япаласем тăвакан завод, пĕлтĕрхи плана тултараймансскер, çак çулхи производство планне Октябрь уявĕ тĕлне пурнăçланă.

Асăннă тĕслĕхсем пирĕн республикăри предприятисен пурин те умра тăракан задачăсене ăнăçлă пурнăçлама мĕн кирли пурте çителĕклине кăтартаççĕ. Фабрикăсемпе заводсем лайăх техникăпа хĕçпăшалланнă, унта ăста, пуçарулă рабочисем, инженерсемпе техниксем ӳссе çитĕнеççĕ, предприятисем чĕртаварпа материалсемсĕр аптăрамаççĕ. Анчах çав паха майсемпе чылай предприятисен руководителĕсем кирлĕ пек усă курмаççĕ, ĕçри çитменлĕхсене çийĕнчех пĕтерсе пымаççĕ, производствăра халиччен усă курман резервсене тупмаççĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ малта пыракан предприятисен ĕçĕсен хӳттинче государство заданийĕсене тултарса пыман фабрикăсемпе заводсен начар ĕçĕ пытанса юлнине сивлерĕ. Промышленность енĕпе ĕçлекен министерствăсемпе ведомствăсем плана кашни предприяти тултармалла тăвас тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ, ун вырăнне час-часах юлса пыракан предприятисен заданийĕсене чакарса, малта пыракансене çĕнĕрен заданисем хушса параççĕ. Çапла вара, начар ĕçлекен предприятисем малта пыракан предприятисен шучĕпе пурăнаççĕ. Нумай предприятисен ĕçĕнчи чи пысăк çитменлĕхсенчен пĕри вăл продукци пĕр тикĕс туса кăларманни, пуян техникăпа, малта пыракан коллективсен, производство новаторĕсен опычĕпе анлă усă курманни пулать.

Çĕршывра халăха кирлĕ япаласем питĕ нумай пулмалла тăвас программăна пурнăçласси промышленность ĕçне малалла лайăхлатса пынинчен килет. Çакна юлса пыракан предприятисен руководителĕсем ăнланса илеймен пулас. Сĕнтĕрвăрринчи судоверфь, Етĕрнери спирт завочĕ, Вăрмарти сĕтел-пукан фабрики, Çĕрпӳри пир-авăр фабрики, чылай вăрманпромхозсем нумайранпа ĕнтĕ юлса пыраççĕ. Кăçалхи вунă уйăх хушшинче Çĕмĕрлери сĕтел-пукан комбиначĕ пĕр миллион тенкĕлĕх продукци парса çитереймен. Уйрăмах «Чувашлесдрев» трест япăх ĕçленине палăртас пулать. Ăна пăхăнса тăракан предприятисенчен пĕрн те вунă уйăхри плана тултарман. Кăçал трест çĕршыва 28 пин кубометр хăма, чылай силос башни, инкубатор парса çитереймен.

Строительство материалĕсем туса кăларасси республикăра çав-çавах юлса пырать. Ивановăри кирпĕч завочĕ иртнĕ сезонта пĕр миллион ытла чĕрĕ кирпĕч планпа палăртнинчен сахалтарах туса кăларнă, çитменнине тата çур миллион кирпĕче шăнтса юрăхсăра кăларнă.

Вырăнти тата топливо промышленность министерствипе Чăвашпромсовет системинче те юлса пыракан предприятисем сахал мар. Государство планĕпе палăртнă чи кирлĕ йышши продукци туса кăлармалли задание тултарайманнине иккĕмĕш вырăнта тăракан япаласене планран ирттерсе туса кăларнипе витме хăтланнă тĕслĕхсем те чылай тĕл пулаççĕ. Уйрăм предприятисенче продукци пахалăхĕ тĕлĕшпе государство дисциплинине пăсаççĕ, юрăхсăр таварсем туса кăлараççĕ.

Предприятисенчи çавнашкал çитменлĕхсемпе килĕшсе тăма юрамасть. Партин XIX-мĕш съездĕнче Г. М. Маленков юлташ çапла каларĕ: «Государство планĕ вăл—закон. Предприятисен пурин те хăйсене панă государство заданийĕсене тултармалла, халăх хуçалăхне кирлĕ продукци çителĕклĕ туса кăлармалла. Хуçалăх руководителĕсен тата парти организацийĕсен плана кашни предприяти тăрăх валовой продукци хисепĕ енĕпе кăна мар, государство планĕ тăрăх палăртнă мĕнпур япаласене туса кăларас тĕлĕшпе те обязательно тултармалла тăвас пулать, туса кăларакан продукци пахалăхне пĕрмаях лайăхлатса пымалла, предприятие йĕркеллĕ ĕçлеме чăрмантаракан сăлтавсене тупса, вĕсене пĕтĕмпех пĕтермелле». Çак кăтартуран хуçалăх, парти, профсоюз организацийĕсен тивĕçлĕ вывод тумалла, юлса пыракан предприятисене хăвăртрах мала тухма пулăшмалла.

Парти, профсоюз тата хуçалăх организацийĕсен хуçалăха ертсе пырассине лайăхлатас, производствăри культурăна хăпартас, ĕç тухăçлăхне малалла ӳстерес, продукцин пахалăхне лайăхлатас, хăйне ларакан хакне йӳнетес тĕлĕшпе тимлĕрех ĕçлемелле. Массăсен активлăхĕпе пуçарулăхне пур майсемпе те аталантарни, технологи процесне пĕрмаях çĕнетсе лайăхлатни, хăватлă техникăпа, производство новаторĕсен опычĕпе, наукăпа техникăн çитĕнĕвĕсемпе анлă усă курни — çаксем вĕсем пурте умра тăракан задачăсене чыслăн пурнăçласа пымалли мелсем пулаççĕ.

Тăваттăмĕш квартал вĕçленесси инçе юлмарĕ. Çак кварталта ăнăçлă ĕçлени пĕтĕм çулталăкри задание пурнăçлассине татса парать. Парти, совет, профсоюз тата комсомол организацийĕсен производство планĕсене тултарассишĕн, ĕç тухăçлăхне ӳстерессишĕн, чĕртавар, топливо, электроэнерги перекетлессишĕн пыракан социализмла ăмăртăва тата анлăрах сармалла. КПСС хула комитечĕсемпе райкомĕсен, хула Совет исполкомĕсемпе райисполкомсен предприятисен, уйрăмах юлса пыракан фабрикăсемпе заводсен ĕçĕпе тăтăшах тĕплĕн интересленмелле, производствăпа хуçалăха тĕрĕс йĕркелемелле, массăлла-агитацилле ĕçе вăйлатма ытларах пулăшмалла.

1953 çулхи плана кашни предприяти тăрăх ăнăçлă тултарассишĕн социализмла ăмăртăва анлă сарар!

## СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕн постановленийĕсене уйрăм кĕнеке туса пичетлесе кăларнă

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ «Советла суту-илĕве малалла аталантарса пымалли мерăсем çинчен», «Куллен кирлĕ промышленность таварĕсем туса кăларассине ӳстересси тата вĕсен пахалăхне лайăхлатасси çинчен» йышăннă постановленисене Государствăн политикăлла литература издательстви уйрăм кĕнеке туса пичетлесе кăларнă.

Кĕнекене пысăк тиражпа пичетленĕ.

(ТАСС).

## А. И. Микоян юлташ суту-илӳ работникĕсен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕнче тунă доклада пичетлесе кăларнă

Суту-илӳ работникĕсен Пĕтĕм Союзри канашлăвĕнче «Тавар çаврăнăшне малалла аталантарас, государство, кооперации суту-илĕвне тата колхозсен суту-илĕве организацийĕсене лайăхлатас тĕлĕшпе тумалли ĕçсем çинчен» А. И. Микоян юлташ тунă доклапа юлашки сăмаха Государствăн политикăлла литература издательстви уйрăм кĕнеке туса пичетлесе кăларнă.

Кĕнекене пысăк тиражпа кăларнă.

(ТАСС).

# ТĂВАН ÇĔРШЫВРА

### Заводсем колхозсене пулăшаççĕ

ДНЕПРОДЗЕРЖИНСК, ноябрĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Хулари предприятисем çывăхри районсенчи колхозсене пулăшаççĕ.

Дзержинский ячĕпе тăракан заводри металлургсен бригади XIX-мĕш партсъезд ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕнче выльăх-чĕрлĕх фермисем патне шыв илсе пыма водопровод туса пĕтернĕ.

Завод коллективĕ Криничански МТС-ĕ валли мастерскойсене ăшăтма висĕ калориферлă установка туса хатĕрленĕ. Тракторсемпе комбайнсен кивелнĕ пайĕсене юсаса ĕçе юрăхлă тăваççĕ. Инструментсен пысăк комплектне хатĕрленĕ. Заводри токарьсем механизаторсене метала хăвăрт касма вĕрентеççĕ.

Цемент завочĕ, Днепродзержинскри ГРЭС тата хулари ытти предприятисем шефа илнĕ колхозсене пысăк пулăшу параççĕ.

### Ученăйсен пулăшăвĕ

БОРИСПОЛЬ (Киев облаçĕ), ноябрĕн 15-мĕшĕ. (ТАСС). Паян «Путь к коммунизму» колхоз клубĕнче ученăйсем колхозниксемпе тата механизаторсемпе тĕл пулнă.

Тĕлпулăва пухăннисем УССР Наука академийĕн президиумĕн членĕ П. А. Власюк академик «Ялхуçалăхне малалла аталантарас ĕçре наука мĕнле вырăн йышăнса тăни» тема тăрăх доклад туса панă. Сталинла премии лауреачĕ А. А. Василенко Машиноведенипе ялхуçалăх механикин институчĕ ялхуçалăхне механизацилес тĕлĕшпе ĕçлени çинчен каласа панă. Ялхуçалăхĕнче малта пыракансем колхоз производствин тĕрлĕ отраслĕсенчи хăйсен ĕçĕнчи опытсемпе паллаштарнă.

Украинăри Наука академийĕнчи ученăйсем «Путь к коммунизму» колхоза шефа илни пĕр уйăх ĕнтĕ. Вĕсем производствăн мĕнпур отраслĕсене вăйлатма пулăшаççĕ. Чи малтанах, выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес, пахча çимĕç лартса ӳстерес ĕçре пысăк пулăшу параççĕ.

Мĕнпур ялхуçалăх культурисем акса тăвассине механизацилес, выльăх-чĕрлĕх фермисенчи йывăр ĕçсене механизацилес, çаран утин тухăçлăхне ӳстерес ĕçсем çине тимлĕ пăхаççĕ.

Ученăйсен-почвоведсен бригади колхозра тăпрасен карттине тăвать.

УССР Наука академийĕн Ботаника сачĕн научнăй сотрудникĕсен коллективĕ колхозра виноград лартса хăварма пулăшать.



Казах ССР-ĕ. М. Бреснев Совет Çарне кайиччен тракторист пулнă. Вăл нумай пулмасть Совет Çарĕнчен таврăннă та, Джамбул МТС-не ĕçлеме кĕнĕ. МТС директорĕ Социализмла Ĕç Геройĕ С. Золотарев тата механизаторсен пĕтĕм коллективĕ М. Бреснева ăшшăн кĕтсе илнĕ.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: МТС директорĕ С. Золотарев (сулахайран иккĕмĕшĕ) М. Бресневпа паллашать.

И. БУДНЕВИЧПА Е. ФИЛИПЕНКО фотоӳкерчĕкĕ (ТАСС фотохроники).

### Ялсенчи суту-илĕве хăвăрт вăйлатассишĕн

Ноябрĕн 13-мĕшĕнче потребительсен кооперацийĕнчи работниксен профсоюзĕн Центральнăй Комитечĕн пленумĕ хупăннă. Пленум СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ «Советла суту-илĕве малалла аталантарса пымалли мерăсем çинчен» йышăннă постановление пурнăçлас тĕлĕшпе профсоюз организацийĕсен мĕнле ĕçсем туса ирттермелли çинчен сӳтсе явнă.

Пленумра профсоюз Центральнăй Комитечĕн секретарĕ Ручкин юлташ доклад тунă. Вăл çакна палăртнă: потребительсен кооперацийĕнче ĕçлекенсем партипе правительство йышăннă постановление пысăк хаваслăхпа кĕтсе илнĕ. Вĕсем тавар çаврăнăш планне срокчен тултарма, тавар илекенсен ыйтăвĕсене тивĕçтерессине лайăхлатма пулаççĕ.

Докладчик потребительсен кооперацийĕнче тавар çаврăнăшĕ ӳссе пынине кăтартакан цифрăсем илсе кăтартнă. Кăçал виççĕмĕш кварталта, пĕлтĕрхи çав кварталпа танлаштарсан, тавар çаврăнăшĕ 27,5 процент ӳснĕ.

Докладчик тата прениre тухса калакансем потребительсен кооперацийĕн ĕçĕнчи чылай пысăк çитменлĕхсене кăтартса панă. Ялсенче суту-илӳ тăвас ĕç халăхăн ӳссе пыракан ыйтăвĕсенчен юлса пырать. Пленумра тухса калакансем çакна палăртнă: профсоюз организацийĕсем хуçалăх органĕсемпе пĕрле ялсенче сутакан таварсен пахалăхĕшĕн тата вĕсен ассортиментне пысăклатассишĕн, халăхăн ыйтăвне пур енчен те тивĕçтерессишĕн, суту-илӳ культурине ӳстерессишĕн кĕрешĕве вăйлатма тивĕçлĕ.

Пленумра Центросоюз правленийĕн председателĕ И. С. Хохлов тухса каланă. Вăл халĕ ялсенчи суту-илĕвĕн материалла-техникăлла никĕсне çирĕплетес тĕлĕшпе тума палăртнă ĕçсем çинчен пĕлтернĕ. 1954 çулта потребительсен кооперацийĕн магазинĕсемпе склачĕсене тума кăна 1.800 миллион тенкĕ расходлама палăртнă. (ТАСС).

### „Запорожсталь“ 20 çул тултарнă

ЗАПОРОЖЬЕ, ноябрĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). «Запорожсталь» завод 20 çул тултарнă. 1933 çулхи ноябрĕн 16-мĕшĕнче унта малтанхи хут чугун шăратса кăларнă пулнă.

«Запорожсталь» — çĕршывăн кăнтăр енчи металлурги предприятийĕсенчен чи пысăккисенчен пĕри. Унăн производствăлла хăвачĕ 1954 çулта вăрçăчченхинчен темиçе хут пысăкрах пулать.

### „Повар-мастер“ ятне памалла тунă

Общеcтвăлла столовăйсенче апат хатĕрлес ĕçе лайăхлатас, поварсене хăйсен квалификацине ӳстерме пулăшас тесе, СССР Суту-илӳ министерстви 1953 çулхи ноябрĕн 1-мĕшĕнчен пуçласа тĕрлĕ йышши паха апат-çимĕç пĕçерсе хатĕрленĕшĕн пĕрремĕш категориллĕ поварсене, шеф-поварсене (производство заведующийĕсене), цех начальникĕсемпе вĕсен заместителĕсене хисеплĕ ят—«Повар-мастер» ятне памалла тунă.

«Повар-мастер» ятне СССР Суту-илӳ министрĕн приказĕ тăрăх параççĕ.

«Повар-мастер» ятне илме тивĕçлĕ пулнă çынсене кашни уйăхрах ĕç укçи 30 процент хушса тӳлеççĕ.

СССР Суту-илӳ министерстви «Повар-мастер» ятне илме тивĕçлĕ пулнă поварсене çавăн çинчен свидетельство парать.

«СОВЕТСКАЯ ТОРГОВЛЯ» хаçатран.

### Тăванла халăхсен представителĕсен тĕлпулăвĕ

ГОРОДНЯ (Чернигов облаçĕ), ноябрĕн 14-мĕшĕ. (ТАСС). Виçĕ тăванла республика—РСФСР, Украина ССР тата Белорус ССР—чиккисем пĕрлешнĕ çĕрте паян тăванла виçĕ халăх представителĕсен тĕлпулăвĕ пулса иртнĕ. Кунта Брянск, Чернигов тата Гомель облаçĕсенчи колхозниксем пухăннă. Украина колхозникĕсем, тахçанхи йăлапа, РСФСР тата БССР представителĕсене çăкăрпа тăвар панă. Каçхине Городнири культура çуртĕнче тăванла халăхсен представителĕсен тĕлпулăвĕ ячĕпе вечер уçăлнă.

Партин Городня райкомĕн секретарĕ Сунрун юлташ, вечера пухăннисене ăшшăн саламласа, сăмах каланă. Вечерта колхоз производствинче малта пыракансем Сацкий, Ковальчук, Черкай юлташсем тухса каланă. Вĕсем тăванла республикăсенчи колхозниксем тунă çитĕнӳсемпе паллаштарнă.

Чернигов, Гомель тата Брянск облаçĕсенчи представительсем çитес ялхуçалăх çулне кăтартуллă ирттерессишĕн, колхоз хуçалăхне малалла çирĕплетессишĕн тата аталантарассишĕн социализмла ăмăртса ĕçлеме договор тунă.

Юлашкинчен художествăлла пултарулăх коллективĕсен концерчĕ пулнă. Унта вырăссем, украинецсем тата белоруссем хутшăннă.

# Хамăр республикăра

## Ялхуçалăх выставки

ШĂХАСАН. Октябрь уйăхĕнче районти культура çуртĕнче ялхуçалăх выставки уçăлчĕ. Выставка районти колхозсем 1953 çулта ялхуçалăхĕнче тунă çитĕнӳсене кăтартса парать.

Выставкăра вăйлă тырпул туса илнине кăтартакан экспонатсем пысăк вырăн йышăнаççĕ. Вăйлă тырпул туса илессишĕн кĕрешсе, Ленин ячĕпе тăракан колхозри Васильев юлташ ертсе пыракан уй-хир бригади «Казанская» сортлă ырашa 32 гектар çинчен кашни гектартан 21,3-шер центнер пухса кĕртнĕ. Маленков ячĕпе тăракан колхозра 29 гектар çинчен кашни гектартан 21-шер центнер ытла «Винĕр» сортлă урпа туса илнĕ. Калинин ячĕпе тăракан колхозра—18 гектар çĕр лаптăкĕнче кашни гектартан 18,6-шар центнер «Лютесценс» ятлă сурăхи тулă туса илнĕ.

Выставкăра районти колхозсем пăрçа йышши культурăсен тухăçлăхне ӳстерес тĕлĕшпе лайăх ĕçленине кăтартакан экспонатсем нумай. Чылай колхозсенче «Виктория местная» сортлă пăрçа акнă. Киров ячĕпе тăракан колхозра çак сортлă пăрçана кашни гектартан 23-шер центнер, Ильич ячĕпе тăракан колхозра—27-шер центнер туса илнĕ.

Кăçалхи çул районти чылай колхозсем техникăлла культурăсен тухăçлăхне ӳстерессишĕн кĕрешрĕç. Киров ячĕпе тăракан колхозри С. Кириллов юлташ ертсе пыракан бригада членĕсем «Средне-русская» сортлă кантăр вăрлăхне гектартан 10 центнер, «За коммунизм» колхоз 6,7 гектар çинчен кашни гектартан 9,5-шер центнер пуçтарса кĕртрĕç.

Кунта пысăк тухăçлă пахча çимĕç туса илнине кăтартакан экспонатсем те паллă вырăн йышăнаççĕ. Ворошилов ячĕпе тăракан колхозра «Брауншвейгская» сортлă купăста гектартан 354-шар центнер туса илнĕ. Çак колхозра пахча çимĕç бригадине М. Семенов юлташ ертсе пырать. «Красный Октябрь» колхозри пахча çимĕç бригади кашни гектар çинче 140 центнер помидор, 209 центнер хăяр çитĕнтерне. «Слава» колхозри Т. Никитин юлташ ертсе пыракан пахча çимĕç бригади «Шантанэ» сортлă кишĕре кашни гектартан 222-шер центнер, Киров ячĕпе тăракан колхозри В. Николаев юлташ ертсе пыракан пахча çимĕç бригади гектар пуçне 90-шар центнер сухан туса илнĕ.

Ленин ячĕпе тăракан колхозра çĕрулмипе тымăрçимĕçсем пысăк тухăçлă пулнă. Ку колхозри Васильевпа Игнатьев юлташсем ертсе пыракан бригада членĕсем «Лорх» çĕрулмине кашни гектартан 296-шар центнер, выльăх кăшманĕ 800-шер центнер туса илнĕ. Çавăн пекех выставкăра тăваткал тĕмĕн лартса ӳстернĕ çĕрулмин пысăк тухăçлăхне кăтартнă. Сăмахран, Ворошилов ячĕпе тăракан колхоз ахаль лартнă çĕрулмине гектартан 164-шар центнер, тăваткал тĕмĕн лартнă участокра 300-шер центнер пухса илнĕ.

Районти чылай колхозсенчи сад ăстисем кăçал пысăк тухăçлă улма-çырла çитĕнтернĕ. Выставкăра Киров ячĕпе тăракан колхоз сад енĕпе тунă çитĕнӳсене лайăх кăтартнă. Выставкăна пыракансем Ленин ячĕпе тăракан колхозри питомникре ӳстернĕ улмуççисене интересленсе пăхаççĕ.

Диаграммăсем районта выльăх-чĕрлĕх йышĕпе унăн тухăçлăхĕ çулсерен ӳссе пынине кăтартса параççĕ. Выльăх-чĕрлĕх пăхакан колхозниксемпе колхозницăсем, механизаторсем тунă çитĕнӳсене кăтартакан фотовитринăсем нумай.

Выставка уçăлнă кун райсовет исполкомĕ ялхуçалăхĕнче малта пыракан нумай колхозниксемпе механизаторсене премисем пачĕ.

Г. ЛУЧ.
Ф. ЯКОВЛЕВ.



Çĕмĕрлери сĕтел-пукан тăвакан комбинатри стахановец фрезеровщик А. Т. Бокарев кулленхи ĕç нормине 180—200 процент тултарса пырать.

УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: фрезеровщик А. Т. Бокарев ĕçре.

Г. ЗИНЬКОВ фотоӳкерчĕкĕ.

### Пуян ĕçкунĕ

ЭЛĔК. Ленин ячĕпе тăракан колхоз членĕсем кăçал пысăк тухăçлă тырпул çитĕнтерчĕç. Колхозниксем кашни ĕçкунĕ тăрăх виçшер килограмм тĕштырă илчĕç.

Артель членĕсен тупăшĕ пысăк. О. Терликова колхозница çемйи виçĕ тонна яхăн. О. Мартынова, Ф. Романова çемйисем икшер тонна ытла, Е. Ефремова пĕччен ĕçлесе 896 килограмм, О. Тряпкова доярка 1.272 килограмм тĕштырă илчĕç.

Тĕштырăсăр пуçне колхозра, паллах ĕнтĕ, ытти продуктсем, çавăн пекех укçа та ĕçкунĕсем тăрăх валеçеççĕ.

Колхозниксем чылайăшĕ çуртсем лартаççĕ. Культура таварĕсем туянакансем нумай.

А. ЕФИТОРОВ.

### Марксизм-ленинизма вĕренмелли каçхи университет

КАНАШ. КПСС хула комитечĕ çумĕнче иккĕмĕш çул ĕнтĕ марксизм-ленинизмăн каçхи университечĕ ĕçлет. I—II-мĕш курссенче пурĕ 150 çын ытла вĕренет.

Çак кунсенче 1-мĕш курсра В. И. Ленинăн «Мĕн тумалла?» ятлă произведенийĕ тăрăх семинар занятийĕсем пулса иртрĕç. Семинарта чылай вĕренекенсем лайăх пĕлӳ илнине кăтартрĕç.

Г. ИСАЕВ.

### Плана тултарнă

Первомайски районĕнчи Липовкăри Ленин ячĕпе тăракан промартель иртнĕ çулсенче юлса пыратчĕ. Партин XIX-мĕш съезчĕ тата СССР Верховнăй Совечĕн пиллĕкмĕш сессийĕ йышăннă решенисемпе хавхаланса, кăçал артель членĕсем чылай çитĕнӳ турĕç. Артель продукци туса кăлармалли çулталăкри плана октябрĕн 20-мĕшĕ тĕлне тултарчĕ.

Çулталăк вĕçлениччен артель халăха кирлĕ таварсем планран ирттерсе 300 пин тенкĕлĕх туса кăларать.

Е. КОНДРАТЬЕВ.

### Профсоюз активĕн семинарĕсем

Чăвашоблпрофсовет, КПСС райкомĕсемпе пĕрле, республикăри 15 районта ялсенчи профсоюз активĕн икĕкунлăх семинарĕсене ирттерчĕ. Семинарта пулнисем КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленийĕ çинчен тата профсоюз ĕçĕн ыйтăвĕсем тăрăх лекцисем итлерĕç.

Семинарсенче 600 çын ытла пулнă.

А. АЛЕКСЕЕВ.

# ПАРТИ ПУРНĂÇĔ

## Етĕрне районĕнчи парторганизацин конференцийĕ

Çак кунсенче районти парторганизацин XV-мĕш конференцийĕ пулса иртрĕ. КПСС райкомĕн ĕçĕсем çинчен райком секретарĕ Н. Хромов юлташ доклад туса пачĕ.

Докладчик тата тухса калакансем пуçламăш парторганизацисенче партилле-организацилле тата партилле-политикăлла ĕç лайăхланнине палăртрĕç. Район, иртнĕ çулхине танлаштарсан, ялхуçалăх ĕçĕсене йĕркеллĕ ирттернĕ. Колхозсем обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана тултарнă. Промышленность предприятийĕсем вунă уйăхри плана 100,3 процент тултарнă.

Анчах КПСС райкомĕ партин XIX-мĕш съездĕн решенийĕсемпе КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленийĕнче кăтартса панă задачăсене пурнăçлас тĕлĕшпе хăйĕн ĕçне вăраххăн çĕнетсе пырать-ха. Парти райкомĕпе райсовет исполкомĕ ялхуçалăхне начар ертсе пыраççĕ. Юлса пыракан колхозсен шучĕ халĕ те чакмасть. Ильич ячĕпе, Хрущев ячĕпе, Тимирязев ячĕпе тăракан колхозсенче обществăлла хуçалăх начар аталанса пырать. Асăннă колхозсенче ялхуçалăх артелĕн Уставне пăсаççĕ.

Нумай колхозсенче наука çитĕнĕвĕсене тата малта пыракансен опытне колхоз производствине питĕ çителĕксĕр кĕртсе пыраççĕ. Çавăнпа та вĕсенче тырпул тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхĕ пысăк мар. Выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçре районта малта пыракан колхозсем те çук мар. Акă, Буденный ячĕпе тăракан ялхуçалăх артельнех илер. Ку колхозра кăçалхи вунă уйăх хушшинче обществăлла выльăх-чĕрлĕхрен 700 пин тенкĕ тупăш илнĕ, кашни сăвакан ĕнерен çак вăхăт хушшинче 2.600-шер литр сĕт суса илнĕ. Анчах районта малта пыракансен опытне сарас ĕçе кирлĕ пек йĕркелемен.

Машина-трактор станцийĕ юлашки çулта çĕнĕ техника нумай туянчĕ. Апла пулин те, ытти çулхисемпе танлаштарсан, унăн ĕçĕ лайăхланмасть. МТС чылай ĕçсем енĕпе плана тултарман, колхозсемпе тунă договорсене срокра пурнăçламасть.

Район умĕнче тăракан задачăсене ăнăçлăн татса парасси КПСС райкомĕпе райсовет исполкомĕ колхозсене конкретлă ертсе пынинчен, ĕçе вырăнта пулса тăрăнан тĕпчесе вĕреннинчен килет. Анчах та çакă вара вĕсен ĕçĕнче çителĕксĕр пулнă. Конференци делегачĕсем парти райкомне юлса пыракан колхозсем çине тивĕçлипе çăхманшăн критиклерĕç.

Колхоз кадрĕсене туса хатĕрлес, вĕсене воспитани парас ĕçре пысăк çитменлĕхсем пур. Хăшпĕр чухне КПСС райкомĕ колхоз председателĕсем пулма ĕçе ертсе пыма пултараймасан çынсене сĕннĕ пулнă. Çавна пула юлашки çулта чылай колхозсен председателĕсене ĕçрен хăтарма тивнĕ.

Механизаторсен кадрĕсем пирки те çавнах каламалла. Районта механизаторсен училищи пур пулин те, МТС валли кадрсем çитмеççĕ. Ку училище ĕçне лайăхлатма васкавлă мерăсем йышăнмалла.

— Çапах та,—терĕ училищери пуçламăш парторганизаци секретарĕ Ростовская юлташ,—КПСС райкомĕ те, райсовет исполкомĕ те, Чăваш АССР Ялхуçалăхĕпе хатĕрлев министерстви те пимĕнле пулăшу та памаççĕ. Училищĕн мастерской та, общежити те, столовăй та çук.

Николаев, Черногубов, Скворцов юлташсем КПСС райкомĕ пуçламăш парторганизацисене çителĕксĕр ертсе пыни çинчен каларĕç. Парти райкомĕ пуçламăш парторганизацисен опытне начар пĕтĕçтерсе пырать, вĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене уçса палăртмасть. Хăшпĕр пуçламăш парторганизацисенче парти пухăвĕсене вăхăтра тата тĕплĕн хатĕрленсе ирттермеççĕ, йышăннă решенисене пурнăçланине тĕрĕслесе тăрасси çителĕксĕр пулса пырать. Çавнашкалах çамрăк коммунистсене тата парти членĕн кандидачĕсене воспитани парасси кирлĕ вырăнта тăмасть.

Конференцире КПСС Чăваш обкомĕн секретарĕ Н. Шмаков юлташ сăмах тухса каларĕ.

Конференци йышăннă решенире партилле-организацилле тата партилле-политикăлла ĕçсене лайăхлатмалли, хуçалăхпа культура строительствинчи çитменлĕхсене пĕтермелли майсене кăтартнă.

Конференци райкомăн çĕнĕ составне тата ревизи комиссине суйларĕ.

КПСС райкомĕн организацилле пленумĕ райком секретарĕсем пулма И. Иванов, П. Перлович, Т. Павлова юлташсене суйларĕ.

Я. СОРОКИН,
Г. МЫТИКОВ.

## Агитаторсем хĕрÿ ĕçре

Советски районĕнчи колхоз ĕçченĕсем, хамăр çĕршыври мĕнпур ĕççыннисемпе пĕрле, партин Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен йышăннă историллĕ постановлени пысăк хавхаланупа кĕтсе илчĕç. Районти пуçламăш парторганизацисем пленум решенийĕсене ĕççыннисене ăнлантарас тĕлĕшпе пысăк ĕçсем туса ирттереççĕ. Колхозсене районти парти активĕнчен штатра тăман 28 докладчик янă. Вĕсем колхозсенче Пленум решенийĕсем çинчен докладсем турĕç. Парти райкомĕ пуçламăш парторганизаци секретарĕсемпе, колхоз председателĕсен тата агитаторсен канашлăвĕсемпе семинарĕсене ирттерчĕ. Вĕсенче пленум решенийĕсене пурнăçлас тĕлĕшпе тумалли ĕçсем, ялти политикăлла-массăлла ĕçе лайăхлатмалли майсем çинчен сÿтсе явнă. Пленум решенийĕсене колхозсенчи пуçламăш парторганизацисен уçă пухăвĕсенче сÿтсе явнă, агитколлективсем агитаторсен семинарĕсене ирттернĕ. Хальхи вăхăтра КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕсене ĕççыннисене ăнлантарса парас ĕçе 700 агитатор ытла хутшăнса ĕçлет.

Пленум решенийĕсене пропагандăлас ĕçе Ленин ячĕпе, Карл Маркс ячĕпе, Ильич ячĕпе, Свердлов ячĕпе тăракан колхозсенчи пуçламăш парторганизацисем уйрăмах лайăх организацилерĕç.

Районти пуçламăш парторганизацисем, КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн решенийĕсене ĕççыннисене ăнлантарса парассине куллен лайăхлатса пырса, ялхуçалăх ĕçĕсене ăнăçлăн вĕçлессишĕн тăрăшса ĕçлеççĕ.

Г. ЯКОВЛЕВ,
КПСС райкомĕн пропагандăпа агитаци пайĕн заведующийĕ.

## Секретарь мĕн çинчен каламарĕ

— ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ Земскова юлташ отчетлă доклад тума сăмах илет,—пĕлтерчĕ пуху председателĕ В. Вавилова комсомолка.

Президиум сĕтелĕ хушшинчен Чăвашторгăн Улатăрти уйрăмĕнчи ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ Л. Земскова салхуллă шухăш-кăмăлпа тухрĕ. Юлашки отчетпа суйлав пухăвĕ пулса иртнĕренпе çулталăк çитрĕ. Вăхăт сахал мар иртнĕ пулин те, комсомол организацийĕн ĕçне комитет лайăхлатайман.

Акă Л. Земскова страница хыççăн страница пулăнă хыççăн, вăл комсомолецсем çине пăхса илчĕ. Виççĕмĕш ретре ларакан хĕрсем темĕн çинчен пăшăлтатса калаçаççĕ, вĕсем умĕнче ларакансем кулса илчĕç. Мĕншĕн-ха çамрăксем отчетлă докладa итлемеççĕ?

Акă мĕншĕн. ВЛКСМ комитечĕн отчетĕ комсомолецсен кăмăлне тивĕçтерме пултарайман: унта критикăпа самокритика, çамрăксене коммунизмла воспитани парас, хулари магазинсен, буфетсен, столовăйсен ĕçне лайăхлатма комсомолецсене мобилизацилес пирки мĕн-мĕн туса ирттернине тишкĕрни çук.

Комсомолецсене нумай ĕçсем интереслентереççĕ. Партипе правительство халăха кирлĕ таварсем туса каларассине талăклăн ÿстерме питĕ пысăк программа палăртса хучĕç. Суту-илÿ организацийĕсенче ĕçлекен çамрăк работниксем умĕнче пысăк та ответлă задачăсем тăраççĕ. Вĕсен, хăйсен культурăллă хăнăхăвĕсемпе квалификацине ÿстерсе пырса, суту-илÿри мĕнпур работниксен ĕçĕн шайне кучухнехи задачăсен, советла суту-илÿ умĕнче тăракан задачăсен сÿлĕшне хăпартмалла, халăх ыйтăвĕ çине тимлĕн те сисĕмлĕн пăхма, тавар илекенсемпе кăмăллăн пулма вĕренмелле.

15 минут хушши пынă отчетлă докладра çак питех те кирлĕ ыйту çинчен нимĕн те каламан. Ку вăл ахальтен мар. Çамрăксен ĕçĕсемпе ВЛКСМ комитечĕ сахал интересленет.

Отчетлă тапхăрта пулса иртнĕ 11 пухуран комсомолецсем пĕр пухура кăна производствăри ыйтăва хускатнă. Ку вăл кăçалхи март уйăхĕнче пулнă. Ун чухне комсомолецсем социализмла обязательствăсем мĕнле пурнăçланса пыни çинчен сÿтсе явма пухăннă. Çак пухура Попова, Шуватова, Тарасова, Долгова, Осипова тата ытти комсомолецсем те тухса калаçнă, анчах вĕсем пурте Май уявĕ умĕнхи социализмла ăмăртăва хутшăнса тавар çаврăнăшне ÿстерме обязательствăсем илесси çинчен кăна каланă. Хăйсен юлташĕсем умĕнче обязательствăсем илни—лайăх, пархатарлă ĕç. Пухура çакăн çинчен анчах мар, чи малтан социализмла ăмăрту итогĕсем çинчен, тавар çаврăнăш планне пурнăçлама çамрăксене мĕнле сăлтавсем чăрмантарни çинчен калаçмалла пулнă.

Комсомол организацийĕнче пĕтĕмпе 28 çамрăк, вĕсенчен 24-шĕ магазинсенче, буфетсенче тата столовăйсенче ĕçлеççĕ. Вĕсем хушшинче примерлă работниксем сахал мар. Сăмахран, В. Лисьнина, А. Купцова. З. Шорина, К. Котова çамрăк продавщицăсем кварталтан кварталах тавар çаврăнăш планĕсене ирттерсе тултараççĕ. Апат-çимĕç продукчĕсем сутмалли плана 21-мĕш номерлĕ магазин та кашни уйăхрах тултарса пырать. Кунта продавщицăсем пулса В. Лесинăпа Г. Лаптева комсомолкăсем ĕçлеççĕ. Анчах та çамрăк работниксем хушшинче хăйсене тĕрĕс мар тыткаланнисем те пур. Нумай пулмасть советла суту-илĕвĕн правилисене пăснишăн А. Попова комсомолка-продавщицăна ĕçрен кăларнă. А. Преснякова комсомолка-буфетчица государство укçине хăйĕн кĕсйине чиксе çул çине тăнă пулнă. Апат-çимĕç продукчĕсем сутмалли 4-мĕш номерлĕ магазин (заведующийĕ А. Святкина комсомолка) халăха тавар сутмалли плана пурнăçласа пыраймасть, тавар çаврăнăшне кашни кварталтах пĕчĕкленсе пырать. Хулари тата ытти нумай магазинсем те тавар сутмалли плана тултарса пыраймаççĕ.

ВЛКСМ комитечĕн секретарĕ отчетлă докладра хăйсене тĕрĕс мар тыткалакан работниксем çинчен асăнса илнипе лăпланчĕ, советла суту-илĕвĕн правилисене пăснине кăтартакан фактсене тивĕçлĕ хак памарĕ, лайăх магазинсен, буфетсен тата столовăйсен ĕçри опычĕ çинчен пĕр сăмах та шарламарĕ.

Докладчик çамрăксене политикăлла воспитани парас ĕçри çитменлĕхсем çинчен нимĕн те каламарĕ тесен те тĕрĕс пулать, мĕншĕн тесен вăл политкружок занятисене йĕркеллĕ çÿремен Хохловăпа Малофеева комсомолкăсен хушамачĕсене асăнчĕ те урăх ыйту çине куçрĕ.

В. Никитинпа Г. Осипова комсомолецсем кăçал хăйсен пĕлĕвĕсене çамрăк рабочисен шкулĕнче ÿстерсе пыма шутланă, анчах Г. Осипова халĕ вĕренмест. ВЛКСМ комитечĕ комсомолкăн йăнăшне вăхăтра тÿрлетмен.

Комсомолецсем хăйсен организацийĕнчи ĕçсем çинчен пысăк калаçу пуçласа ярасса кĕтрĕмĕр. Анчах кĕтни ахалех пулчĕ.

Пуху председателĕ темиçе хутчен те комсомолецсене тухса калаçма чĕнет.

**Председатель:** Долгова юлташ, хăвăр группăри ĕçсем çинчен каласа парăр-ха?

**Л. Долгова:** пирĕн группăра ĕçсем япăх, группорг пулма урăх комсомолеца суйлăр.

**Председатель:** Лаптева юлташ, эсир малалла мĕнле ĕçлес тесе шутлатăр? Эсир пирĕн пата нумай пулмасть килнĕ вĕт?

**Г. Лаптева:** эпĕ ĕçлекен магазинта ĕçсем япăх мар, малалла тата лайăхрах ĕçleme пулатăп.

Пуху председателĕ В. Вавилова комсомолка çине тăрса ыйтнине пула прениre Г Балятинская, В. Никитин, Н. Тюрин, А. Попова комсомолецсем тухса калаçнă пек турĕç. Вĕсем те ВЛКСМ комитечĕн ĕçне тишкĕрме шутламарĕç, хăйсен ĕçĕсем çинчен тата çитменлĕхсем çинчен пĕтĕмĕшле каланипех сăмахĕсене вĕçлерĕç.

Комсомолецсем хыççăн парторганизаци секретарĕ Аникин юлташ сăмах илчĕ. Вăл та комсомол организацийĕн ĕçĕнчи çитменлĕхсене тĕплĕн уçса параймарĕ, партипе правительство йышăннă постановленирен тухса тăракан задачăсене пурнăçа кĕртме суту-илÿ системинче ĕçлекен çамрăк работниксене мобилизацилес пирки комсомол организацийĕ умĕнче тăракан задачăсем çинчен пĕр сăмах та каламарĕ.

Чăвашторгăн Улатăрти уйрăмĕнчи комсомол организацийĕн отчетпа суйлав пухăвĕ акă мĕн кăтартса пачĕ: ВЛКСМ комитечĕпе унăн секретарĕ Земскова юлташ пухăва ирттерме тĕплĕн хатĕрленмен. парторганизаци секретарĕ Аникин юлташ комсомол организацийĕн ĕçĕсемпе питĕ сахал интересленет.

Н. ЕГОРОВ.

## Суту-илÿ ĕçĕнчи çитменлĕхсене хăвăртрах пĕтермелле

МУРКАШ. Иртнĕ çулсенче районa таварсем кÿрсе килес ĕç çителĕклĕ пулса пыман, райпотребсоюз тавар çаврăнăш планне тултарайман. Халĕ районти ĕççыннисен ыйтăвĕсене туллин тивĕçтерме пур майсем те пур.

Муркашпа Шупашкар хушшинчи çул çине чул сарса тухнă хыççăн кирек мĕнле çанталăкра та автомашинăсем çÿреме пултараççĕ. Çавна май таварсене илекенсем патне хăвăрт илсе çитерме пулать. Райпотребсоюзăн виçĕ автомашина пур. Вĕсем кунĕн-çĕрĕн таварсем турттараççĕ.

Кăçал райпотребсоюз тавар çаврăнăш планне виçĕ кварталта та ирттерсе тултарнă.

Ялпосен ĕçĕ лайăхланса пырать. Йÿçкасси ялповĕ (председателĕ Г. Емельянов юлташ) тăхăр уйăхри тавар çаврăнăш планне 114 процент тултарнă.

Юлашки вăхăтра культура таварĕсемпе кĕнекесем сутасси те палăрмаллах лайăхланчĕ. Кĕнекесем сутакан магазин тăхăр уйăхри плана 105 процент тултарнă.

Юлашки вăхăтра пĕр буфет, пĕр ларек тата йÿнетнĕ таварсене сутмалли магазин уçнă. Çĕнĕрен чайнăй çурчĕ туса лартнă. Суту-илÿ работникĕсем валли икĕ хваттерлĕ çурт тунă.

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ советла суту-илĕве малалла аталантарса пымалли мерăсем çинчен йышăннă постановлени суту-илÿ работникĕсене тата ытларах хавхалантарчĕ, халăха кирлĕ таварсене пĕр чăрмавсăр сутса тăма тата ĕççыннисен ÿссе пыракан ыйтăвĕсене пур енчен те тивĕçтерме паха майсем туса пачĕ.

Анчах та суту-илÿ организацийĕсен ĕçĕнче халлĕхе пысăк çитменлĕхсем пур. Магазинсемпе лавккасенче таварсен ассортименчĕ çителĕксĕр. Халăха куллен кирлĕ таварсем—краççын, тăвар, кантăк час-часах пулмаççĕ. Суту-илÿ работникĕсем халăха мĕнле таварсем кирлине тĕпчесе пĕлмеççĕ. Иртнĕ çулта района радиопитани ытлашшипех илсе килнĕ. Кăçал вара пачах урăхла: радиопитани çитмест. Раймагра тата апат-çимĕç сутмалли магазинта час-часах юрăхсăра тухнă пируссемпе сигаретăсем сутаççĕ. Хăшпĕр чухне таварсем магазинсене çитмеççĕ, вĕсене çул çинчех сутса пĕтерешсем пулкалаççĕ.

Шаптак ялповĕн Çурлатăрти ялĕнчи лавкки виçĕ уйăх ĕнтĕ хупă тăрать. Апла пулин те А. Николаева продавщица çав-çавах штатра шутланса тăрать. Колхозниксем шăрпăк, тăвар, краççын тата ытти таварсем илме Муркаша çÿреççĕ.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ ялхуçалăхне малалла аталантарас тĕлĕшпе ĕççыннисем умне пысăк та ответлă задачăсем лартрĕ. Çавна май колхозсенче строительство ĕçĕсем вăйланса пыраççĕ. Районта строительство материалĕсем çителĕксĕр. Иртнĕ çулсенче партин XVIII-мĕш съездĕ ячĕпе тăракан промартель кирпĕч туса кăларса колхозсене чылаях пулăшу паратчĕ. Кăçал ку артель кирпĕч çителĕклĕ туса кăлармасть. Колхоз руководителĕсем строительство материалĕсем тупаймасăр аптăраççĕ. Райпотребсоюз пĕрене, хăма, черепица сутассине йĕркелемен. Райпотребсоюз председателĕ А. Бардасов юлташ çак ĕçе хакламасть.

Кăçалхи план тăрăх хуçалăхра кирлĕ пулакан япаласем сутмалли магазин уçма палăртнă. Анчах ăна халиччен те уçман. Район центрĕнче пахча çимĕç сутмаççĕ. Колхоз пасарĕнче таварсем сутмалли вырăнсене çителĕклĕ йĕркелемен.

Районта сĕтел-пукан, урапа-çуна тăвакан артельсем пур. Апла пулин те, магазинсенче çав таварсене туянма çук. «Мотор» промартель складĕнче сĕтел-пукан, урапа-çуна тата ытти таварсем 98 пин тенкĕлĕх усăсăр выртаççĕ. Райпотребсоюз вырăнти промышленность предприятийĕсемпе çыхăну тытмасть, вĕсене заказсем памасть.

Вутă сутасси те çителĕклĕ пулса пырать теме çук. Райпотребсоюз Ишлей станцийĕнче çулсеренех пиншер кубометр вутă сутать. Анчах та нумай чухне, инçе пирки, района вутă илсе килеймеççĕ.

Обществăлла апатлану ĕçне организацилесси çителĕклĕ пулса пымасть-ха. Чайнăйра апат-çимĕç пахалăхĕ начар. Вĕсен ассортименчĕ пĕчĕккĕ. Час-часах пĕр йышши апат хатĕрлеççĕ. Официанткăсем апат хăвăрт илсе пырса памаççĕ. Пекарня япăх çăкăр пĕçерсе кăларать.

Райпотребсоюз ĕçĕнчи тĕп çитменлĕх вăл —кадрсене тĕрĕс суйласа илменни тата вĕсене политикăлла воспитани çителĕксĕр пани. Час-часах çынсене тĕрĕслемесĕрех ĕçе илеççĕ. Сăмахран, А. Илюзовăна, М. Ивановăна, ĕлĕк растрата тунăскерсене, магазинсенче ĕçleme илнĕ. А. Илюзовăна пĕр-ик уйăх иртсенех ĕçрен кăларнă. Растратчиксен хисепĕ чакмасть, кадрсем улшăнса тăраççĕ. Растрата тунăшăн çичĕ çынна ĕçрен кăларнă.

Ялпо правленийĕсен ĕçне çителĕклĕ тĕрĕслесе тăмаççĕ. 1953 çулта пĕр ялпора çеç тĕплĕн ревизи тунă. Çитменлĕхсене вăхăтра пĕтерес тĕлĕшпе тивĕçлĕ мерăсем йышăнмаççĕ, растрата тăвакансене çирĕп ответ тыттарас вырăнне, хÿтĕлесе тăраççĕ. Сăмахран, Шаптак ялповĕн склад заведующийĕ П. Кузьмин 1952 çулта 7.773 тенкĕлĕх растрата тунă. Ялпо председателĕн П. Егоровăн тимсĕрлĕхне пула, вăл кăçалччен склад заведующийĕ пулса ĕçленĕ. Вăл хăй вĕсйине 37.098 тенкĕ чиксе тухса тарсан çеç ун çинчен ĕç пуçарнă. Ялпо председателĕ П. Егоров çакна лайăх пĕлнĕ, анчах П. Кузьмина хÿтĕлес çул çине тăнă.

Райпотребсоюз председателĕ А. Бардасов юлташ растратчиксене çирĕп ответ тыттарас вырăнне, хăй çине ответлăх илесшĕн мар.

Кадрсене вĕрентесси çителĕклĕ пулса пымасть. Суту-илÿ организацийĕсенче ĕçлекен 102 çынтан 14 çын кăна курссенчен тата кооперации техникумĕсенчен вĕренсе тухнă.

Суту-илÿ ĕçне лайăхлатас тĕлĕшпе райсовет исполкомĕпе КПСС райкомĕ те çителĕклĕ ĕçлесе пымаççĕ-ха. Исполком ларăвĕсемпе КПСС райкомĕн бюро ларăвĕсенче суту-илÿ ĕçĕ çинчен сахал сÿтсе яваççĕ.

Суту-илÿ работникĕсем хушшинче социализмла ăмăрту тата малта пыракансен паха опычĕсене анлă сарни кирлĕ Потребительсен кооперацине çĕнĕрен членсем илессине, пай укçи пухассине вăйлатмалла.

СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ советла суту-илĕве малалла аталантарса пымалли мерăсем çинчен йышăннă постановление кашни суту-илÿ работникĕн тĕплĕн вĕренмелле, суту-илÿ организацийĕсемпе предприятийĕсен ĕçĕнчи çитменлĕхсене кĕске вăхăтрах пĕтермелле.

Ялти халăха тата колхозсене кирлĕ таварсене сутас ĕçе анлăн сарса ямалла.

А. ОНЬКОВ.

# Пысăк вăй

Çĕньялтан пĕртак пăрăнсан умма пысăк айлăм тухса тăрать. Айлăма икĕ пая уйăрса выртакан Ункă шывĕ шăннă ĕнтĕ.

Ишлей районĕнчи «За коммунизм» колхозăн фермисем çак илемлĕ вырăнта, Ункă шывĕн пуçламăшĕнчен кăшт аяларах вырнаçнă. Çурчĕсем пурте çĕнĕ пек çĕнĕ те илемлĕ. Йывăçран тунисем вара хăйсен тĕсĕпе кĕрхи юртан нумаях та уйрăлса тăмаççĕ.

Ферма çурчĕсем патне çывхарасса пирĕн умма пĕр çÿлĕ пÿллĕ ватăрах çын утса тухрĕ. Çак сивĕч çын часах пирĕнпе пĕрлешрĕ.

— Сирĕн фермăсене килсе курас терĕм,—терĕ вăл пирĕнпе пĕрле утакан колхознике, пурсăмăра та сывлăх суннă май.—Тĕлĕнетпĕр те савăнатпăр эпир, кÿршĕ колхоз членĕсем, сирĕн ĕç çине пăхса. Пĕр-ик çул хушшинче туса лартăр вĕт çакăн пек пысăк «комбината». Эпĕ хамăр колхозра фермăра ĕçлекелетĕп. Шутларăм те—чун чăтмарĕ: «Кайса курам-ха, терĕм сирĕн пата». Пирĕн «аслисем» хăйсем килсе пăхма шутламаççĕ-ха. Районтан хăваламаççĕ пулас вĕсене... Сирĕн урăхларах, актив малта пырать, теççĕ.

Старик часах урăх фермипелле пăрăнса юлчĕ. Эпир малалла утрăмăр.

Чăн та, «За коммунизм» колхозра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе çак çулсенче сахал мар ĕçсем тунă. Ку бригадăра кăна сурăхсем тата сыснасем валли типовăй витесем лартнă. Кайăк-кĕшĕк усрамалли пысăк вите тунă. Ытти бригадăсенче те обществăлла çуртсем чылай лартнă.

* * *

Сысна ферми патне çитсен, малтан кухньăна кĕтĕмĕр. Таса та çутă пÿлĕм. Çĕнĕ стенасенчен сухăр шăрши те сирĕлсе çитмен-ха. Электричество провочĕсене те халĕ кăна майлаштарнă, анчах çутă памалла туса çитереймен. Урайĕсене цементран тунă. Кухньăри кирлĕ мар шыв цемент канав тăрăх юхса каять. Пÿлĕмĕн пĕр енне икĕ пысăк кормозапарник вырнаçтарса лартнă. Вĕсенчен пĕрин патĕнче виç-тăват свинарка пухăнса тăнă.

Ферма заведующийĕ те унтах. Çак çамрăкăн сăн-пичĕ шуранка курăнать.

— Юсавра пултăн иккен,—терĕ ăна колхозри пуçламăш парторганизаци секретарĕ Аркадий Иванович Шуркин, пирĕнпе пĕрле фермăна пынăскер. Унтан вăл заведующи çине тинкеререх пăхрĕ те татах хушса хучĕ:—Эсĕ, Махов юлташ, сывалса çитеймен курăнать. Тепĕр виç-тăват кун канмаллаччĕ чирленĕ хыççăн.

— Вăл çаплах ĕнтĕ. Канни пăссах каймасть-ха,—терĕ Махов, кĕрĕк çухавине вырттарса. Унтан вăл çивĕчреххĕн калаçма пуçларĕ. — Канасси çинчен урăх шутлама çук пулĕ. Вăхăчĕсем халĕ çавăн пек.

Ефим Антонович Махова, ферма заведующине, нумаях пулмасть парти ретне илнĕ. Парторганизаци çамрăк коммуниста пысăк ĕç шанса панă: ферма работникĕсем хушшинче политикăлла-массăлла ĕç тума хушнă. Заведующи-агитатор ĕçе хĕрÿллĕн тытăннă пулнă, унти работниксене КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановлени çинчен çийĕнчех каласа панă. Ун чухне ферма работникĕсем тата хастарлăрах ĕçleme пулнăччĕ. Анчах та агитатора выльăх пăхакан колхозниксем хăйсен сăмахĕсене мĕнле пурнăçласа пынине тĕрĕслесе тăма, ĕçе вĕçне çитерме тÿр килмен. Ăнланнă-ши вĕсем çĕнĕ постановленине! Ĕçсем мĕнлерех пыраççĕ-ши! Çак ыйтусем пăшăрхантарнă агитатора.

Ăна парторганизаци секретарĕ килни те пĕртак хумхантарнă. Секретарь ахаль килмест фермăна. Темле пулсан та, вăл выльăх пăхакансемпе калаçса илетех. Çав калаçу тăрăх вара кунти агитатор мĕнле ĕçлени çинчен йăлана тĕрĕс вывод тăвать. Ун çинчен агитаторсен канашлăвĕнче каласа парать е парти пухăвĕнче палăртать, уйрăммăн та асăрхаттарать. Махов тĕрĕслÿ пуличчен скотницăсемпе тепĕр калаçу ирттересшĕнччĕ. Анчах ĕлкĕреймерĕ.

Секретарь свинаркăсемпе калаçу пуçарчĕ. Вăл сентябрьти Пленум решенийĕ çинчен аса илтерет, СССР Министрĕсен Совечĕпе КПСС Центральнăй Комитечĕ «Çĕршывра выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес ĕçе малалла аталантармалли мерăсем çинчен тата колхозниксен, рабочисемпе служащисен хуçалăхĕсем государствăна обязательнăй йĕркепе выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли нормăсене чакарасси çинчен» йышăннă постановлени çинчен аса илтерчĕ.

— Пире кун çинчен каласа панăччĕ-ха. Манас çук эпир çав тери ăслă сăмахсене,—терĕ ватăм çулсенчи колхозница София Московская.—Анчах та пирĕн колхозра çав кăтартусене пурнăçлани питех палăрмасть...

— Сысна пăхакансен ĕçне кун пек пысăка хурса хаклани пулманччĕ-ха. Çавăнпа тăрăшатпăр та...

— Хушса тÿлемеллех пулĕ-ши? Правленире пăхса тухаççĕ-и?

Парторганизаци секретарĕ — колхоз правлени членĕ. Вăл çак сăмахсем хăйне те пырса тивнине туйса илчĕ. Вăл Пленум постановленийĕнчен тухса тăракан задачăсене колхоз мĕнле пурнăçласа пыни çинчен каларĕ. Артель выльăхсем ĕрчетмелли плана пур енĕпе те ирттерсе тултарнă. Сыснасен шучĕ, сăмахран, плана пăхнинчен 100 пуç ытларах. Çĕнĕ постановлени тăрăх колхозăн кашни 100 гектар çĕр пуçне 30 центнертан кая мар сысна какайĕ илмелле. Халĕ артельте кашни 100 гектар пуçне тивекен какай ку шайран чылай иртет.

Колхоз выльăх-чĕрлĕх продукцийĕ памалли плана срокчен пурнăçланă. Унсăр пуçне государствăна нумай продукци сутнă. Артель кăçал выльăх-чĕрлĕхрен 200 пин тенкĕрен кая мар тупăш илет, паянхи куна 118,5 пин тенкĕ тупăш илнĕ. Вăл шутран сыснасем сутса илнĕ укçатенкĕ уйрăмах пысăк вырăн йышăнать.

Аркадий Иванович кăçал мĕнпур колхозниксем, выльăх-чĕрлĕх пăхакансем тата сысна пăхакансем уйрăммăн ĕçкунĕсем тăрăх мĕн чухлĕ укça илмелли çинчен ăнлантарса парать. Сысна фермисенчи работниксем тата ытларах тупăш илме пултараççĕ, мĕншĕн тесен çĕнĕ постановлени тăрăх свинарьсене сыснасене самăртнăшăн та хушса тÿлеççĕ. Çапла вара сысна пăхакансем кăçал пысăк тупăш илеççĕ.

Колхозницăсем парторганизаци секретарĕнчен тата нумай ыйтса пĕлчĕç.

— Ытти фермăсенче электричество çунать. Пирĕн патра халĕ те çук. Краççын суттипе ĕçлетпĕр, ĕлĕкхи пек.

— Ĕçре тăхăнмалли тумтирсемпе атă-пушмаксем пирки шухăшласа пăхăр...

Нумай тĕрлĕ сĕнÿсем пачĕç свинаркăсем правление.

Свинаркăсем хăйсен ĕçĕсене тивĕçлипех пысăка хурса хакласçĕ, тăрăшса ĕçлеççĕ.

Анна Олинова пире хăй пăхакан сыснасене кăтартса çÿрерĕ. Сыснасен пÿлĕмĕсем çутă та типтерлĕ, ăшă. Акă вăл пĕр пÿлĕм алăкĕн çăрине пăрчĕ те, кулăшларах тухакан сасăпа:—«Валет», уç ĕнтĕ»,—терĕ. Алăк чăн та уçăлса кайрĕ. Пÿлĕмрен пысăк сысна пуçĕ курăнса кайрĕ. Акă кам ĕнтĕ алăка уçакани—«Валет». Какайпа çу купи ку!

— Ăна уйăх каярах турттарнăччĕ. Вунçичĕ пăта яхăн туртрĕ. Халĕ виççĕр килограмм ытла таять пулĕ,—тет хавасланса свинарка.—Акă, унпа юнашар «Кудесник» та çавăн чухлех таять.

— Пирĕн свинаркăсем хамăр ирттернĕ калаçусем çинчен манса кайман-ши тесе иккĕленнĕччĕ эпĕ,—хушса хучĕ ферма заведующийĕ.

— Манмаă. Ырă сăмахсене епле манатăн? Лайăх астăватпăр...—тесе юлчĕç колхозницăсем.

Ĕне ферми çурчĕсем тепĕр бригада çĕрĕ çинче, Пархикассинче. Свинарник пекех, ĕнесем усрамалли çĕнĕ çурт та ытарайми илемлĕ. Кирпĕчпе йывăçран тунă, тимĕр витнĕ çĕнĕ пысăк çурт катаранах курăнса ларать.

Ĕне витине электрификациленĕ. Унти йывăр ĕçсене чылай механизациленĕ. Автопоилкăна электричество вăйĕпе шыв пымалла тунă.

... Дояркăсем ĕнесене апат панă хыççăн апатланма ферма çуртне кĕнĕ. Хĕрсем савăнăçлă калаçу пуçарнă пулас. Савăнмалли вĕсен сахал мар. Ĕçсем ăнăçлă пулса пыраççĕ. Пĕлтĕр, колхозĕпе илсен, кашни сăвакан ĕнерен вăтам шутпа 983-шер литр сĕт суса илнĕ. Ку çулта сĕт тухăçлăхĕ ÿснĕ. Дояркăсем кăçал çак тарана çитсе сăвакан кашни ĕнерен 1.200-шер литра яхăн сĕт илнĕ. Колхоз государствăна сĕт памалли плана тахçанах ĕнтĕ тултарнă, задание пурнăçланисĕр пуçне государствăна вуншар пин литр сĕт сутнă. Артель иртнĕ çулта та государствăна сĕт сутса автомашина туяннă. Хушса тÿлемелли йĕрке тăрăх, иртнĕ çулта та ĕне пăхакансем нумай тупăш илнĕ, уйрăм скотниксене колхозран пăрусем, выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем панă. Партипе правительство кăларнă çĕнĕ постановление пурнăçлани выльăх пăхакансене пысăк тупăш илме май туса парать.

Дояркăсем сĕт тухăçлăхне планпа пăхнинчен чылай ирттерме обязательство илнĕ, кашни ĕнерен вăтам шутпа 1.400-шер литртан кая мар сĕт суса илме пулнă. Вĕсем хăйсен сăмахĕсене тивĕçлипе пурнăça кĕртеççĕ. Акă, доярка Вера Любимова паянхи куна ĕне пуçне 1.300-шер литр ытла сĕт суса илнĕ. Ку вăл вăтам шутпа. Хăшпĕр ĕнесенчен вара 1.400-шер литр ытла сĕт илнĕ. Христиния Сармасова та кашни ĕнерен илекен сĕт шутне 1.300 литра çитернĕ.

— Халĕ ĕнесем сĕт хушсах пыраççĕ. Хамăр илнĕ обязательствăна пурнăça кăртес пирки нимĕн чухлĕ те иккĕленмелли çук,—тет Христиния Сармасова.

* * *

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕн постановленийĕнчен тухса тăракан задачăсене пурнăça кĕртес майпа ялти коммунистсем колхозăн малашнехи планне тума пуçарнă. Çак ыйтăва парти пухăвне лартас умĕн коммунистсемпе колхозри активистсем производство участокĕсене саланнă пулнă. Вĕсем колхоз хуçалăхне аталантармалли, тырпул тухăçлăхне тата выльăх-чĕрлĕх йышĕпе тухăçлăхне ÿстермелли майсене тĕпчесе вĕреннĕ, тĕрлĕ ĕçри колхозниксен шухăш-кăмăлĕсене ыйтса пĕлнĕ, калаçусем ирттернĕ. Парторганизаци секретарĕ çак ыйтупа фермăсенче пулнă.

Кунти парторганизаци ĕçĕ çинчен сăмах тапратсан, пире кÿршĕ колхоз членĕ маларах каланă сăмахсем—«актив малта пырать» тени аса килчĕ. «За коммунизм» колхозри активистсем çинчен çавăн пек калани вырăнлă. Коммунистсемпе активистсем партипе правительство решенийĕсене кашни колхозник патне вăхăтра çитерсе тăраççĕ, вĕсене пурнăça кĕртмелле тăвас тесе нумай вăй хурса ĕçлеççĕ.

Парторганизаци 6 коммуниста кăна пĕрлештерсе тăрать. Çапах та çак çирĕп ушкăн артель членĕсене ÿсĕмсем тума ертсе пыракан пысăк вăй пулса тăнă. Колхоза В. Леонтьев коммунист ертсе пырать. Çÿлерех асăннă юлташсемсĕр пуçне, ытти коммунистсем пурте тенĕ пек—рядовой колхозниксем. Кирек хăш ĕçре пулсан та—вĕсем ответлă та пысăк ĕç тăваççĕ, артель членĕсен социализмла ăмăртăвне ертсе пыраççĕ.

Парти членĕсем мĕнпур ĕçсене активпа пĕрле туса пыраççĕ. Парторганизаци çумĕнчи агитколлектив вăйĕпе кăçал кунта колхозниксене вуншар докладсем туса панă, нумай калаçусем ирттернĕ.

Çакă вăл ялхуçалăх ĕçченĕсене çĕнĕ ÿсĕмсем тума хавхалантарать, ĕçри пуçарулăхпа пултарулăха ÿстерме пулăшать. Ахальтен мар ĕнтĕ. малашнехи плана тунă чухне активистсемпе пĕрлех рядовой колхозниксем те пысăк та тарăн шухăшлă сĕнÿсем пачĕç, плана пурнăçламалли майсене палăртрĕç.

Н. НИКИТИН.
Ишлей районĕ.

ФЕЛЬЕТОН

# Алангов аллинчи Хозилкин ревизор

Пĕррехинче, Шишел районĕнчи Андреев ячĕпе тăракан колхоз членĕсен отчетла суйлав пухăвĕ пулса иртнĕ чухне, хăй черечĕпе, ревком членĕсене суйлас ыйту та тухса тăнă.

— Кандидатсем парăр,— ыйтнă пуху председателĕ.

— Хозилкина малтан çырăр!— илтĕнчĕ колхоз председателĕн Алангованăн хăватлă сасси.

Çав вăхăтранпа вара Роман Афанасьевич Хозилкин колхозри ревизи комиссин председателĕ пулса тăнă.

— Халĕ ĕнтĕ Хозилкин камне пуртне курса чухлĕç, пăхăнманнисене пăхăнтарăпăр, мĕн тумаллисене пĕтĕмпех тăватпăр,— шутланă савăннипе Роман Афанасьевич.— Чи кирли— колхоз председателĕпе Алангова туслă пуласси, ялла алă сумалла тăвасси.

Алангов вара хăй те çак шухăша тахçанах шутласа хунă. Хăйне кăмăла каякан Хозилкина ревком председательне суйланăшăн вăл темĕн пекех савăннă.

Тытăнчĕç вара пĕр каварлă туссем ĕç тума, парас-илессе «пĕлсе» сыплаштарма... Ревком председателĕ кун пек чухне ревком председателĕ кăна мар, вăл колхозран янă «представитель», «колхоз счетоводĕ», «столовăй заведующийĕ» те пулма имеще тăмасть.

Кăçалхи çуркунне «туссем» колхозăн «ЗИС-5» маркăллă автомашина моторне юсаса ĕçе ярасси çинчен ыйту хускатнă. Анчах ăçта, мĕнле майпа?

— Канашри моторсем юсакан завода яратпăр,— тенĕ Алангов.— Эсир, Хозилкин, çав машинăна юсаттарас тĕлĕшпе ĕçлекен «чрезвычайнăй представитель» пулатăр. Малтанлăха сире 2.450 тенкĕ укçа паратпăр. Эсир чее те ăслă çын, çавăнпа сире укçа-тенкĕне мĕнле расходламаллине вĕрентме кирлех те мар.

Каланă—тунă. Хозилкин вара чее кушак пекех «хăйма» çине тытăннă. Машина «юсас» тĕлĕшпе утнă пĕр пусăмне те вăл ахаль ирттермен, çуя документсем тăратма та вăтанса тăман. Çапла вăл, Трифонов шоферпа пĕр майлă пулса, машина «юсама кирлĕ запаслă пайсене» 1.328 тенкĕлĕх «туяннă». Анчах вăл «запаслă пайсене» илмен, мĕн чухлĕ иличне вĕçĕ-хĕррине те тупма çук. Çакă палăл: моторсем юсакан завод мотора чĕнах та юсанă тесе, колхоз правленине 1.700 тенкĕлĕх счет тăратнă. Колхоз председателĕ çуя документсен авторĕ Хозилкин панă счета та, государство предприятийĕ тăратнă счета та пĕр сăмахсăрах йышăннă. Ку çес те мар, вăл «темтепĕр» курса çÿрекен Хозилкина «командировкăна» пулнăшăн 675 тенкĕ, «хваттершĕн» 229 тенкĕ, çул çинче «çиренĕшĕн» 216 тенкĕ те 60 пус, вăл шутра çуран утнăшăн 57 тенкĕ. нисти куранман «расходсене» витме 115 тенкĕ тÿлеме тăнать. Укăлла каласан, пĕр мотора юсама пĕр çамантрах 5 пин тенкĕ ытла колхоз укçи расходланать.

— Ыррă çыннăмăр пулăр, ĕçкунĕ те памалла тăнăр,— йышăннă Хозилкин. Çавăн хыççăн унăн ĕç кĕнеки çине 42,5 ĕçкунĕ çырăнать.

«Пултаратăр пулмалла, пурăнмашкăн пурнăçа...», тесе Алангова Хозилкин юрăпа юрă юрлăсе кĕрлесе тăчĕ çав кунсенче.

Юрласан-юрласан, вĕсем колхоз правленине пырса кĕчĕç те, колхоз счетоводĕ пулса ĕçлекен Юлия Смирнова умне «ультиматум» лартрĕç:

— Паянах ĕçрен тухса кайнă пултăр! Халех мĕншур ĕçе Хозилкина панă пултăр! Сана халех ĕçрен кăларма районтан хушрĕç...

— Суятăр,— ответленĕ Юлия Алексеевна.— Ыйтăва правленинче сÿтсе явмасăр хамăн ĕçе никама та памастăп!

Ку ĕç çапла пулманнĕ. Анчах Хозилкин çырлахмарĕ. Унăн кусĕ тăранма пĕлмест. Вăл хăйне валли çĕнĕ «должность» шырарĕ. Алангов ăна колхозри столовăй заведующийĕ пулса ĕçлеме хушрĕ; унта ĕçĕ «хăйма» çеç мар, пылпа çу та çисе пурăнăн,— çĕклентерчĕ унăн ахаль те çĕкленнĕ çунатне. Каллех юмахрине тĕлĕкри пек хавасла пурнăç пуçланчĕ. Хăнах та ун чухне унăн аллинче сахал мар пылпа çу вылянă. Пылне колхозниксене стакана 250 грамм шучĕпе валеçсе панă пек туса ал пустарать те, кайран 270 грамм шучĕпе çуя ведомость тăратать. Куратăр ĕнтĕ, пултарать вăл Хозилкин пурне те! Анчах правлени ĕçне тĕплĕ ревизи тума унăн алли те çĕкленмест, хăюлăхĕ те çитмест. Ситсен те итле çес тăвать. Çак çулхи 1—2-мĕш кварталсемшĕн «ревизи» тунă ятпа 147.42 ĕçкунĕ çыртарнă пулсан та, вăл çак ĕçе тĕпшипех вĕçлеме тăрăшмасть, ун çинчен акт та çырмасть, хăйĕн çуя документĕсене колхозниксен пухăвĕнче сÿтсе явма та кăлартармасть.

— Мĕнле чунсăр çын вăл Хозилкин,— тесе ыйтăр эсир. Ответлетĕпĕр: унăн тĕрĕслĕхĕ, ĕç çине тÿрĕ чунпа пăхасси тахçанах çухалнă. 1950 çулта ăна çавăншăн Шишел ялĕнчи аслă бухгалтерĕнчен кăларнă. 1952 çулта вăл таврăннă хыççăн 3 уйăх хушши бригадирта ĕçлесе пăхнă. колхозниксен ĕçкунĕсене сахал мар çухатнă. бригадир ĕçĕ юхăнтарнă Колхозниксем вăйлăн «аткаланине» пулса, колхоз правленийĕн ăна ирĕксĕрех çак ĕçрен кăларма пулнă. Халĕ вара колхоз правлени ĕçне Роман Афанасьевича ревком председателĕн кăларма, ялхуçалăх артельне хавшатас çул çине тăнăшăн ответ тыттармалла тума ыйту тухса тăрать.

Е. ДЕМЬЯНОВ,
В. ЧЕРНОВ.

(«Колхозник хаçачĕ» хаçатран).

## Ĕçсыннисем валли—паха сĕтел-пукан

МУРБАШ. «Мотор» промысла артелĕ урапа-çуна тата сĕтел-пукан туса кăларать. Артель продукцийĕпе республикăри ытти районсенче те усă кураççĕ. Кунта ĕçлекенсем хăйсем туса кăларакан продукци пахалăхне лайăхлатассишĕн куллен тăрăшаççĕ.

Нумаях пулмасть артель членĕсем СССР Министрĕсен Совечĕпе БПСС Центральнăй Комитечĕ халăха кирлĕ таварсем ытларах туса кăларас тĕлĕшпе йышăннă постановленине сÿтсе яврĕç, çĕнĕ обязательствăсем илчĕç. Артель членĕсем çулталăкри плана декабрĕн 5-мĕшĕ тĕлне тултарма, планран ирттерсе 40 пин тенкĕлĕх продукци туса кăларма пулчĕç.

Артельте социализмла ăмăрту хăватлă сарăлнă. Н. Егоров. П. Алексеев, И. Герасимов юлташсем ĕç нормине куллен ирттерсе тултараççĕ.

И. ГОРДЕЕВ.

## Мучикассинчи колхоз правленинче

Кунĕпе чĕлĕм мăкăрлантарса ларасси, кам мĕн çиме юратни çинчен сÿтсе явасси Мучикассинчи колхоз правленинче кулленхи йăла пулса тăнă.

Радиоприемник умĕнче виççĕн-тăваттăн чакаланаççĕ.

— «Маяк» тыт,—тет пĕри.

— Киев,—хирĕçлет тепри.—Киевран лайăх юрăсем параççĕ...

Алăк патĕнче те, учетчиксем ĕçлекен кабинетра та, бухгалтерпа председатель ĕçлекен пÿлĕмсенче те—пур çĕрте çынсем. Нимĕн ĕçпе те пыман вĕсем—хирехирĕç ларнă та чĕлĕм туртаççĕ. Унтах ĕçпе пынă хĕрарăмсем тĕтĕмпе чыхăнса ÿсĕреççĕ.

Пĕчĕкрех кăна бухгалтер çынсем хушшинчен аран-аран шăвăнкаласа иртет. Такам çине тарăхса, хăйĕн пĕтĕм çиллине учетчиксем çине вĕçтерет.

Пĕр учетчикĕ пуш кĕленчене сиччĕмĕш хут шыв ярса чÿкет ĕнтĕ. Тепри алă-урипех шкафа кĕрсе кайнă та айăнçийĕн çавăрттарать: «пĕр-пĕр тетрадь листи тупаймăп-ши?»—тет.

— Федор Иваныч, тетрадьпе чернил порошокĕ илме укçа пар-ха?

— Пурне те эпĕ туса парас çук,—хăтăрать бухгалтер.—Эпĕ кассир мар.

Председатель пÿлĕмĕнче иккĕн ăмăртмалла кăшкăраççĕ.

— Мĕнле йăла вăл сирĕн,—тарăхать С. Михеев весовщик.—Мана пĕлтермен—пĕр купа çĕрулмине тиесе те кайнă.

— Мĕн хăтланать правлени? Ăçта йĕркелĕх?—ыйтать М. Ямсков фуражир.—Бухгалтери панă хутпа, мана пĕлтермесĕрех, уйри улăмсене тие-тие каяççĕ...

Кунтах пĕри телефонпа «вăрçать». Вĕрсе те, туртса та пăхать вăл, анчах усси çук.

Çак телефон юсавлă марри çинчен (ун тăрăх калаçни пăшăлтатнă пек çеç илтĕнет) районти çыхăну кантурне темиçе хутчен те пĕлтернĕ, анчах...

Завхоз вырăнне юлнă В. Огандеев юлташ хыççăн правлени членĕсем иккĕнвиççĕн тухаççĕ, аллисене сулсах тархаслаççĕ.

— Тархасшăн кĕр: е — ĕне фермин заведующине, е—чăх-чĕп фермине...

Çук, Огандеев юлташ килĕшмест. Кун çăлтавне пире урăх çынсем каласа параççĕ. Огандеев юлташ темиçе çул хушши тăваттăмĕш бригадăн бригадирĕ пулса ĕçленĕ, яланах малта пынă, колхозри кусса çÿрекен Хĕрлĕ ялава тытса тăнă. Иртнĕ хĕлле ăна пур-çук сăлтавпах ĕçрен кăларнă, вырăнтах хăварнипе тÿрленме пулăшасси çинчен аса та илмен.

Çакăн пек «сăлтавсемпе» ĕçрен кăларнисем çулталăк хушшинче 30 çынран иртнĕ. Ку шута хуралçăсемпе мельниксем, бригадирсемпе урăх ĕçсенче ĕçлекенсем те кĕреççĕ

Пиллĕкмĕш бригадăра 4 бригадир, ĕне фермипе чăх-чĕп ферминче 3-шер заведующи улшăннă. Çакă вăл кадрсене çирĕп ертсе пыманнинчен, малтан тунă йăнăша тÿрлетме пулăшманнинчен килнĕ.

Çакăн пек йĕркесĕрлĕхсене Хĕрлĕ Чутай районĕнчи ВКП(б) ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕн правленинче кулленех курма пулать. Паллах, правлени аппаратĕнче килĕштерсе, пĕр-пĕринпе çыхăнса ĕçлени çук пулсан, пилĕк яла пĕрлештерсе тăракан çакăн пек пысăк хуçалăхра ăçтан-ха йĕркелĕх пултăр?

БПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ выльăх-чĕрлĕх ĕрчетес тĕлĕшпе пысăк задачăсем кăларса тăратрĕ. Анчах та ВКП(б) ячĕпе тăракан ялхуçалăх артелĕнче вĕсене пурнăçлама тытăнни курăнмасть-ха.

П. ГОЛИЦЫН.

# Пăрачкав машина-трактор станцийĕнче

## Мастерскойра

Машина-трактор станцийĕн мастерскойне кĕрсен кунта ĕçе лайăх йĕркеленине курса савăнатăн. Мастерской умĕнче йĕркеренех комбайнсемпе тракторсем лараççĕ. Вĕсене лайăх тасатнă. Машинăсем пĕрерĕн-пĕрерĕнех мастерскойне кĕрсе пыраççĕ. Ăста механизаторсен аллисем витĕр заводри пекех таса та лайăх ĕçлекен пулса тухаççĕ.

Кăçал кăна тĕпрен лайăхлатнă тата чылай ĕççене механизмсен вăйĕпе тума тытăннă мастерскойра ялхуçалăх машинисене юсас ĕçе пĕтĕмпех узловой меслетпе тăваççĕ. МТС-ри специалистсем юсав ĕçĕсен технологи процесне туса хатĕрленĕ те кашни ĕçе хăш вырăнта тумаллине палăртнă. Çав процесс тăрăх пĕтĕм ĕçе тума 33 вырăн кирлĕ. Кашни вырăнта камсем ĕçлемеллине малтанах пăхса тухса тивĕçлĕ квалификаци илнĕ рабочисене çирĕплетнĕ. Вĕсене кирлĕ инструментсем, оборудовани, техникăлла документсем панă. Узелсенче ĕçлекенсен ушкăнĕсене ертсе пыма ăста механизаторсене хушнă.

Алăкран кĕрсенех—пĕррремĕш, иккĕмĕш тата виççĕмĕш вырăнсем. Кунта тракторсене пайĕсем тăрăх уйăраççĕ. Юнашар пÿлĕмре тăваттăмĕш вырăн, унта çак пайсене çуса тасатмалли универсаллă стационарнăй установка лартнă. Ăна кăçал ĕçе янă. Кунта А. Горшенина стахановка ĕçлет. Унпа юнашар—Н. Горбунов слесарь. Вăл универсаллă стенд çинче СХТЗ трактор коллекторĕсене тĕрĕслет. Халиччен двигателĕн пĕр пайне мастерскойра малтанах тĕрĕслесе пăхасси пулман. Юсав ĕçĕнче тупă çитменлĕх ĕçре кăна паллă пулнă. Халĕ детале малтанах лайăх тĕрĕслесе пăхни комбайнсемпе тракторсене кăлтăксăр юсама май парать.

Юнашар пÿлĕмсенче пĕрисем шатунсемпе поршеньсене, теприсем карбюраторсемпе регуляторсене, çу насусĕсене, электрооборудование, радиаторсене тата ытти пайсене юсаççĕ.

Уйрăм пÿлĕмре 11, 12 тата 13-мĕш номерлĕ вырăнсем. Кунта Г. Петрушков юлташ ертсе пыракан ушкăн блок головкисене юсать. Н. Озеров, М. Завьялов механиксем сменăри задание яланах ирттерсе пурнăçлаççĕ.

Пиллĕкмĕш ĕç вырăнĕнче хатĕр детальсене тĕрĕслеççĕ. Механик-контролер А. Роговпа Н. Федотов нормировщик кашни детале мĕнле юсаннне тĕплĕн пăхса тухса хак параççĕ. Кирлĕ пулсан вĕсен алă айĕнчех тĕрлĕ справочниксем, каталогсем, литература. Юсав ĕçĕнче çитменлĕхсем тупсан вĕсем мĕн тумаллине кăтартса деталь çине уйрăм паллă лартаççĕ.

Кунтан машина пайĕсене комплектовщик патне, унтан вара сборщиксем патне илсе каяççĕ.

Двигательсен хăватне, вĕсем горючи мĕнле расходланине уйрăм вырăнта тĕрĕслеççĕ. Вĕсене тĕрĕслеме çĕнĕ йышши паха аппаратурăсем, стендсем лартнă.

Ялхуçалăх машинисене узловой меслетпе юсани ĕçе хăвăртрах тума, кашни рабочие хăйне шанса панă вырăнта, хăй тума тивĕç ĕçе лайăх тума май парать. Çакă ĕç тухăçлăхне хăпартать кăна мар, рабочисен ответлăхне, ĕç культурине нумай ÿстерме май парать.

МТС коллективĕ IV-мĕш кварталта комбайнсем юсаса кăлармалли плана октябрĕн 25-мĕшĕ тĕлнех тултарма пултарчĕ. IV-мĕш кварталта 30 трактор юсаса кăлармалла пулсан халĕ 4 трактор юсанă. Мастерскойра пĕр вăхăтрах вунă трактора юсаççĕ. Тракторпа акмалли сеялкăсемпе трактор плугĕсене, культиваторсемпе лущильниксене юсас ĕç те ăнăçлă пулса пырать.

Уйрăмах 8-мĕш трактор бригадин бригадирĕ коммунист А. Евграфов, унăн помощникĕ А. Анисимов, 9-мĕш трактор бригадин бригадир помощникĕ А. Черепков, А. Шлямин слесарь, В. Калинин токарь тата ыттисем те хастарлă ĕçлеççĕ. Вĕсем сменăри задание 130—150 процент таран тултараççĕ.

— МТС коллективĕ IV-мĕш кварталта тракторсемпе ытти ялхуçалăх машинисене юсамалли плана срокчен тултарассишĕн пĕтĕм вăя хурса кĕрешет. Ку тĕлĕшпе МТС-ра кашни механизатор хăй çине пысăк обязательствăсем илнĕ. Партипе правительство ялхуçалăх специалисчĕсемшĕн куллен тăрăшни вĕсене çĕнĕ çитĕнÿсем тума хавхалантарать,—тет МТС директорĕ Я. Петров юлташ.

Н. МИНИН.



Кăçал тракторсемпе ытти машинăсен пайĕсене тĕрĕслесе пăхмалли стенд лартнă.
УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: Н. Горбунов слесарь трактор пайĕсене тĕрĕслет.

## ПЛЕНУМ ХЫÇÇАН

БПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ «Ялхуçалăхне малалла аталантармалли мерăсем çинчен» постановлени йышăннă хыççăн МТС çĕнĕ техникăпа чылай пуянланчĕ. Юлашки вăхăтра кăна кунта «ДТ-54» тракторсем 5, «ХТЗ-7» тракторсем 2, сарлакан утă çулмалли машинăсем 2, стационарнăй зерносушилкăсем 3, плугсемпе ытти тĕрлĕ машинăсем чылай илсе килнĕ. МТС-ăн халиччен утă капанĕ тумалли машина пулман, халĕ икĕ машина илсе килнĕ.

Çавăн пекех мастерской валли токарнăй, саваламалли тата шăтармалли станоксем, тĕрлĕ аппаратурăсене тĕрĕслес пăхмалли стендсем вырнаçтарса лартнă.

## Парти чĕннипе

Машина-трактор станцине ĕçлеме илме е колхозсене ĕçлеме яма ыйтса ялхуçалăх специалисчĕсенчен тăтăшах заявленисем килеççĕ. Ку таранччен 26 трактористран заявлени илнĕ. Вĕсенчен 12 çынна дизелистсем пулма вĕренме янă, виçĕ çын трактористсем пулса ĕçлеççĕ.

Халиччен хăйсен специальноçĕсемпе ĕçлемен агрономсемпе зоотехниксем колхозсене ĕçлеме каяççĕ. 18 агрономпа зоотехника колхозсене янă. Н. Силяев зоотехник—Ильич ячĕпе тăракан, Г Рябов—«Красная горка», С. Новикова — Ленин ячĕпе тăракан колхозсенче ĕçлеме тытăнчĕç. Районти кашни колхозра пĕрер специалист ĕçлет.

Ялхуçалăхне ĕçлеме таврăннă специалистсемпе кашни вунă кунта пĕрре семинар ирттереççĕ.

## Çĕнĕ строительство

МТС территоринче çĕр машина вырнаçмалăх сарай пур. Ăна тĕпренех юсаса пысăклатнă. Нефтебазăри хăшпĕр ĕççене механизациленĕ. МТС работникĕсен пурнăçпа йăла условийĕсене лайăхлатас майпа пĕр общежити, мунча, рабочисем пурăнакан тепĕр пÿрте юсанă.

Çитес çывăх вăхăтра 19 бригадăра полевой стансем тумалла. Çавна тума 0,25 гектартан пуçласа 0,5 гектар таран участоксем уйăраççĕ. Полевой стансенче механизаторсене пурăнмаллисем, пĕчĕк нефтебазăсем, ялхуçалăх машинисене вăхăтлăха лартмалли хÿтлĕхсем пулаççĕ.



Машина-трактор станцийĕ çĕнĕ оборудованипе пуянланса пырать.
УКЕРЧĔК ÇИНЧЕ: В. Зимин механик çĕнĕ стенд çинче тракторăн топливнăй аппаратурине тĕрĕслет.

Г. ЗИНЬКОВ фотоÿкерчĕкĕ.

*Малта пыракан колхозсен опычĕ*

# Обществăлла хуçалăха малалла аталантарассишĕн

Коммунистсен партийĕн Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ социализмла ялхуçалăхĕ умне пысăк та ответлă задачăсем кăларса тăратрĕ. Колхозлă ялăн Тăван çĕршыв валли ялхуçалăх продукчĕсем çителĕклĕ туса памалла.

Пирĕн «Гвардеец» колхоз колхозникĕсемпе колхозницисем партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕн решенийĕсене пысăк хавхаланупа йышăнчĕç.

Иртнĕ çулсенче хальхи «Гвардеец» колхоза пĕрлешсе пысăкланнă вак колхозсенче ялхуçалăх ĕçĕсем вăраха тăсăлса пынă. Кăçалхи ялхуçалăх çулне колхоз кĕске вăхăтра, пысăк пахалăхпа вĕçлерĕ. Государствăна тыра тата выльăх-чĕрлĕх продукчĕсем памалли плана срокчен тултарса, колхоз государствăна 20 пин литр ытла сĕт, 25 центнера яхăн аш-какай сутрĕ.

Партин Центральнăй Комитечĕн Пленумĕ йышăннă решенисене çывăх вăхăтра пурнăçа кĕртме пирĕн «Гвардеец» колхозра условисем çителĕклĕ.

Тырпул тата выльăх-чĕрлĕх тухăçлăхне хăвăрт ÿстерес шутпа вунă уйлă пусă çаврăнăшĕ туса йĕркелерĕмĕр. Пирĕн улăх-çарансемпе выльăх çÿремелли вырăнсем 606 гектар шутланаççĕ. Вĕсенчен ытларах тупăш илес тесе чылай ĕççем туса ирттерме палăртнă.

Умра тăракан пысăк ĕççене кĕске вăхăтра татса парас тесен, ертсе пырас ĕçре пултаруллă кадрсем кирлĕ. Эпир правлени членĕсене пурне те ответлă участоксене лартса тухрăмăр Правлени ларăвĕсенче вĕсем хушнă участоксене мĕнле ертсе пыни çинчен тăтăшах отчетсем итлетпĕр тата ĕçре тĕрĕслетпĕр.

Сăмахран. правлени членĕ В. Кротов юлташ ĕне фермин заведующийĕ пулса ĕçлет. Вăл ертсе пыракан фермăра кашни ĕнерен 9 уйăх хушшинче 1.100-шер литр сĕт суса илнĕ. А. Семенова доярка хăй пăхакан 12 ĕнерен сĕт суса илмелли çулталăк планне 9 уйăхра ирттерсе тултарчĕ. Пăру пăхакан З. Абрамова юлташа 20 пăру пăхса ÿстернĕшĕн «Республикăри чи лайăх телятница» ятне пама кандидата тăратнă.

Октябрĕн 1-мĕшĕ тĕлне обществăлла выльăх-чĕрлĕх ĕрчетмелли плана пур выльăхсем тата кайăк-кĕшĕксем енĕпе те ирттерсе тултартăмăр.

Уй-хир бригадисене ертсе пыма та пултаруллă колхозниксене суйласа лартнă. Пирĕн 11 бригадиртан чылайăшĕ 10-шар çул хушши бригадирсем пулса ĕçлеççĕ, ĕçре паха тĕслĕхсем кăтартаççĕ.

Обществăлла хуçалăха малалла аталантарассишĕн кĕрешни вăй умĕнчех. Колхоз производствин пур отраслĕсем те ÿсеççĕ.

Уй-хир бригадисем трактор бригадипе туслă ĕçлесе пынине пула кăçал эпир хуçалăх ĕççене агротехника кăтартăвĕсем тăрăх кĕске срокра туса пыма пултартăмăр.

Сурхи ĕççене колхоз кĕске вăхăтра вĕçлерĕ. Калчасене кĕркунне те, çуркунне те минераллă удобренисем пани тата агротехникăн ытти условийĕсене пурнăçлани пысăк тухăçлă тырпул туса илме май пачĕ.

7-мĕш бригада кашни гектартан 18-шар центнер ыраш, 16-шар центнер ытла сурхи тулă тата сĕлĕ, 215 центнер çĕрулми туса илчĕ. Опытлă икĕ гектартан 260-шар центнер çĕрулми тухрĕ

Пур ĕççене те машинăсемпе тума тăрăшатпăр Кĕрхи çĕртме сухине пĕтĕмпех тракторсемпе тунă Авăн çапас, силос хывас ĕççене 90 процент ытла машинăсемпе тунă, тракторпа пĕтĕм çĕртме сухине 20—25 сантиметр тарăнăш сухалаççĕ Çĕре çемçетес тĕлĕшпе минераллă удобренисемсĕр пуçне уй-хире тислĕк, торф нумай кăларатпăр.

Кăçал, ытти çулсемпе танлаштарсан, выльăх-чĕрлĕхрен тупăш илесси те ÿсрĕ. 1950 çулта кашни сурăхран 1,4 килограмм çăм касса илнĕ пулсан, кăçал 2,45 килограмм илнĕ. Пĕрлешичченхи колхозсенче лайăх шутра тăракан ĕнесенчен те 900 литртан ытла сĕт суса илмен. Ĕнесене ăшă та çутă витесенче хĕл каçарни, рацион тăрăх тăрантарни, вăхăтра шăварни тата çуллахи вăхăтра вĕсене çÿретме ятарласа уйăрнă участоксенче пăхни, кĕтÿрен тавраннă хыççăн симĕс апат çулса çитерни кашни сăвакан ĕнерен пин литр ытла сĕт суса илме май пачĕ. Уйрăм ĕнесенчен 1.500 литра яхăн илетпĕр. Опытлă ĕнерен кăçалхи тăхăр уйăх хушшинче 1.800 литр суса илнĕ. Выльăх-чĕрлĕх валли утă-улăм тата сĕтеклĕ апатсем çителĕклĕ хатĕрлерĕмĕр.

192 лаша вырнаçмалăх стандартлă тăвată вите тунă. Вĕсенчен пĕрне кирпĕчрен, теприне—саман кирпĕчрен, ытти икĕ витине йывăçран тунă. Хуçалăхра кирлĕ çуртсем те чылай турăмăр. 200 тонна вырнаçмалăх зернохранилище, пушар инвентарьне усрамалли икĕ сарай туса лартнă.

Çак ĕççене тума ятарласа строительство бригади уйăртăмăр. Унта пурĕ 42 çын ĕçлет. Ку бригадăна строительство ĕçĕсене лайăх пĕлекен А. Огурцов колхозник ертсе пырать. Строительство бригадине урăх ĕççем хушса чăрмавсем кÿмен. Вăхăтра кирпĕч, йывăç, саман хатĕрлесе тăнă.

Колхозăн хушма хуçалăх та тухăçлă отрасль пулса тăчĕ. Кăçал 1,5 гектар çинчен 7,5 центнер хăмла тухрĕ. Кăçалччен хурт-хăмăртан илекен тупăш хăйне усрама çитмен пулсан, халĕ ку ĕç те лайăхланчĕ.

Колхозăн кăçалхи тăхăр уйăх хушшинчи тупăшĕ 600 пин тенкĕ ытла шутланать. хуçалăх çулĕ вĕçлениччен вăл пĕр миллиона яхăн çитет.

Пирĕн колхозра торфпа нумай усă кураççĕ. Çĕре çемçетнисĕр пуçне эпир унпа вутă вырăнне анлăн усă куратпăр. Кăçал обществăлла пÿртсене ăшăтма 300 тонна торф хатĕрлерĕмĕр. Ку вăл вутă илсе çунтарнинчен виçĕ хут йÿнĕрех ларать. Çапла майпа 10 пин тенкĕне яхăн укçа перекетлетпĕр.

Пирĕн ÿсĕмсем çинчен çакă та кăтартса парать Октябрĕн 25-мĕшĕнче пулса иртнĕ районти ялхуçалăх выставкинче вăйлă тырпул тата выльăх-чĕрлĕхрен пысăк тупăш илнĕшĕн парнеленĕ 40 çынран тăххăрăшĕ—пирĕн колхозран.

Кĕске вăхăтрах çакăн пек ÿсĕмсем тума пултарни колхозри парторганизаци колхозниксем хушшинче агитациллĕ-масслăллă ĕççене производствăллă ĕççемпе таччăн çыхăнтарса туса пынинчен килнĕ.

Колхозра пурĕ 46 агитатор шутланать. Вĕсем куллен колхозниксене партипе правительство постановленийĕсемпе решенийĕсем çинчен ăнлантарса параççĕ, умра тăракан ĕççене мĕнле туса пымаллине кăтартса пыраççĕ. Агитаторсем — ĕçре малта пыракан колхозниксем. Вĕсен ăшă та çулăмлă сăмахĕсене колхозниксем яланах тимлĕн итлеççĕ.

Тăтăшах тухса тăракан стена хаçачĕсемпе боевой листоксем ялхуçалăх ĕçченĕсене партипе правительство йышăннă постановленисене пурнăçлама пулăшаççĕ. Хаçатсенче колхоз производствинче малта пыракансем хăйсен паха опычĕсем çинчен каласа параççĕ.

Коммунистсен партийĕпе Совет правительстви ĕçсыннисен пурнăç шайне куллен лайăхлатса пырассишĕн тăрăшни колхоз правленийĕсене колхозниксен пурнăçне культурăллă та пуян тума хушать.

Обществăлла хуçалăхран ытларах тупăш илме пуçланипе кăçал правлени колхозниксене аванс шучĕпе кашни ĕçкунĕ пуçне 1,5-шер килограмм тыра тата укçа валеçсе пачĕ.

Обществăлла выльăх-чĕрлĕх йышне ÿстерниле пĕрлех, колхозниксене выльăх усрама майсем туса паратпăр. Вĕсем валли выльăх апачĕ çителĕклĕ уйăрса пама тăрăшатпăр. Ĕнесĕр колхозниксене 30 пăру уйăрса панă. Кунсăр пуçне колхозниксене 200 пуç сурăх, 400 сысна сутма палăртнă. Çапла вара пирĕн колхозра кашни колхозник килĕнче ĕне тата ытти выльăхсем пулаççĕ.

Колхозниксене çурт-йĕрсем тума та пулăшатпăр. Акă, Титова Матренăна пÿрт лартма 20 пăт тыра панă. Кăçал вуншар колхозник çĕнĕ пÿрт лартрĕç.

Колхозниксен культури ÿсе пырать. Кашни кунхи почта колхозниксем валли çĕршер экземпляр хаçат-журнал илсе килет. Вулав çуртĕнче кĕнеке вулакансен хисепĕ виççĕр çынран иртет. Колхозниксем тăтăшах кинокартинăсем кураççĕ, ялхуçалăх темисем тăрăх лекцисем итлеççĕ.

Колхозниксем ялпо магазинĕнчен хаклă япаласем: радиоприемниксем, велосипедсем, паха тумтирсем туянаççĕ. Вунă колхозник радиоприемник, 21 колхозник — велосипед, сакăр колхозник—хуткупăс туяннă.

Ку таранччен ялхуçалăх специалисчĕсем колхозра сайра хутра кăна пулнă пулсан, халĕ вĕсем вырăнта творчествăлла ĕçлеме пултараççĕ. Пирĕн колхозра опытлă зоотехник ĕçлет. Вăл халех хуçалăх ĕçĕнче пысăк пулăшу пама пултарни курăнать. Кашни кунах фермăсенче пулать, фермăра ĕçлекенсене кăтартусем парса вĕсемпе калаçусем ирттерет.

КПСС Центральнăй Комитечĕн сентябрьти Пленумĕ йышăннă постановлени колхозсемшĕн обществăлла хуçалăха малалла аталантармалли программа пулса тăчĕ.

Паянхи куна çĕрĕç культури çÿлĕ вырăнта тăмасть-ха. Техникăлла культурăсен тухăçĕ те пысăках мар.

Пирĕн умра уйрăмах выльăх-чĕрлĕхрен пысăк тупăш илес задача тăрать. Çак задачăна пурнăçлама выльăх апачĕн çирĕп никĕсне хывни кирлĕ. Ку таранччен пĕр çул тата нумай çул ÿсекен курăксем акакан лаптăк 206 гектар шутланнă пулсан, ку лаптăка 1955 çул тĕлне 450 гектара çити ÿстерме пăхнă. Сарансем çинчен туса илекен утă тухăçĕ кашни гектартан 15 центнертан иртмест. Çавна сахалтан та ултă хут ÿстерме май пур. Районти Хрущев ячĕпе тăракан колхоз çарана лайăхлатса, унта клевер тата «овсяница» ятлă курăк вăррисене хутăш акса, çу каçиччен икĕ хутчен утă çулса илме пултарчĕ. Утă кашни гектартан 90 центнер таран тухать. Унăн опычĕпе усă курса, çитес çулта 80 гектар çинчи çарансене лайăхлатса тухăçлă утă туса илме шутлатпăр.

Çавăн пекех сĕтеклĕ апатсем хатĕрлессине сахалтан та икĕ хут ÿстерме май пур. Тымарçимĕçсем туса илмелли лаптăк 1954 çулта 32 гектар пулать. Кăçал тăваткал тĕмĕн çĕрулми лартман, çитес çулта çĕрулми лартмалли 120 гектартан çуррине, 1955 çулта пĕтĕм лаптăка тăваткал тĕмĕн лартма пăхнă.

Пирĕн колхозра выльăхсем валли ăшă та çутă, стандартлă çуртсем сахалтарах. Эпир çапла тума йышăнтăмăр: 2—3 çул хушшинче пур выльăхсене те стандартлă витесене вырнаçтармалла. Çак ĕççене тума пирĕн вăй çитет Çитес çулта çакна пурнăçлас майпа 200 пин кирпĕч, 50 пин саман кирпĕчĕ тума палăртнă.

Фермăри йывăр ĕççене те алăпах тăватпăр-ха. Çакна пула фермăсенче нумай ĕç вăйĕ тухать. Колхозăн электростанци пур, анчах унăн вăйĕпе авăн çапнисĕр тата пĕр ялти колхозниксен килĕсене çутă панисĕр пуçне нимĕн те туман-ха. Пĕтĕм колхозри колхозниксен килĕсене, обществăлла çуртсене çутă пама тата выльăх-чĕрлĕх фермисенчи чылай ĕççене механизацилеме унăн вăйĕ çителĕксĕр. Çавăнпа 1954 çулта дизеллĕ мотор илсе тепĕр электростанци лартма палăртса хăвартăмăр.

Çапла майпа халиччен илекен тупăша сахалтан та виçĕ хут ÿсме пултарать.

Партипе Правительство колхозсем умне лартнă задачăна çитес виçĕ çул хушшинче пĕтĕмпех пурнăçлама май пурри курăнать. Колхозра ертсе пыракан кадрсене 1954—55 çулсенче ялхуçалăх шкулĕсемпе техникумĕсенче вĕрентсе хатĕрлеме шутланă. Кăçал çак шкулсенче вĕренме 5 çын яратпăр.

Çак ĕççене пурнăçлассишĕн колхоз правленийĕ тата парторганизаци куллен пысăк вăй хурса ĕçлеççĕ.

Е. ВОРОБЬЕВ,
Калинино районĕнчи «Гвардеец» колхоз председателĕ.

# Тӗнчери лару-тӑру

### «ЕВРОПА ҪАРНЕ» ТӐВАССИНЕ ХИРӖҪ

Пӗрлешӳллӗ Штатсенчи влаҫра тӑракан ушкӑнсем юлашки вӑхӑтра Хӗвеланӑҫ Европӑри ҫӗршывсене — «Европа ҫарне» тӑвасси ҫинчен Парижра договор тунӑ ҫӗре хутшӑннӑ ҫӗршывсене—хӗсессине палӑрмаллах вӑйлатса пыраҫҫӗ. Вашингтонран ҫак договора хӑвӑртрах ҫирӗплетме тата ним тӑхтаса тӑмасӑр пурнӑҫа кӗртме ҫине тӑрса требовани лартаҫҫӗ. Уйрӑмах Францие хытӑ хӗсеҫҫӗ. Францири общественность договора ҫирӗплетессине хирӗҫ тӑрать.

Хӗвеланӑҫ Германири реваншистсем, агрессиллӗ договор тунӑ ҫӗре хутшӑннӑ хӑйсен юлташӗсем договора пурнӑҫа кӗртме васкаманнине кура, уҫҫӑнах шӑртланнине палӑртаҫҫӗ. Нумаях пулмасть Америкӑри Юнайтед Пресс агентствин корреспонденчӗпе каласнӑ чухне Аденауэр вӗчӗрхенсе ҫапла пӗлтернӗ: «Европӑри оборона пӗрлешӗвӗ ҫинчен тунӑ договора Франци ҫирӗплетессине эпир вӗҫӗмсӗр кӗтме пултараймастпӑр». Ҫавӑнпа та Бонри влаҫра тӑракан ушкӑнсем ҫак ӗҫе тӗрлӗ майсемпе хӑвӑртлатма тӑрӑшаҫҫӗ.

Совет Правительстви хӗвеланӑҫӗнчи виҫӗ державӑна кӑҫалхи ноябрӗн 3-мӗшӗнче панӑ нотӑра ҫакна паллӑ тунӑ: «Европа ҫарӗ текенскерӗ ҫинчен Парижра тунӑ килӗшӳ ҫав ҫара Хӗвеланӑҫ Германири хӗҫпӑшаллӑ вӑйсене кӗртме палӑртать пулсан, ку килӗшӳ Хӗвеланӑҫ Германире регулярнӑй ҫар тӑвассине пӗлтерет. Хӗвеланӑҫ Германири реваншистсем, ҫак килӗшӗве пурнӑҫа кӗртес тесе, нимӗн умӗнче те чарӑнса тӑмаҫҫӗ».

Хӗвеланӑҫ Европӑри халӑхсем Германи вермахчӗ (ҫарӗ) тепӗр хут ҫӗкленни вӗсен пурнӑҫӗшӗн питӗ пысӑк хӑрушлӑх пулса тӑнине лайӑх ӑнланаҫҫӗ. Ҫавӑнпа та Парижра тунӑ ҫар килӗшӗвне хирӗҫ тӑрасси кунтан-кун ӳсет. Ҫавна май Америкӑри «Нью-Йорк таймс» хаҫат ахальтен мар ӗнтӗ ҫапла пӗлтернӗ: «Малашне договора ҫак ҫул вӗҫлениччен ҫирӗплетме пулать тесе шанса тӑма май ҫук».

Францире договора ҫирӗплетессишӗн тӑракансем ӗҫе ҫакӑн пек кӑтартса пама тӑрӑшаҫҫӗ: Хӗвеланӑҫ Германие хӗҫпӑшаллантарасси «Европа ҫарне» тӑвас йӗркепе пулса пынипе, Хӗвеланӑҫ Германи хӑй тӗллӗн хӗҫпӑшалланнипе танлаштарсан, «ытлашши усал ӗҫех» мар имӗш. Анчах Франци общественноҫӗ ҫакӑн пек «шухӑшпа» килӗшмест Франци халӑхӗн анлӑ сийӗсем ҫакна лайӑх пӗлсе тӑраҫҫӗ: «Европа ҫарӗ» ячӗпе витӗнсе, чи малтанах Хӗвеланӑҫ Германири агрессиллӗ хӗҫпӑшаллӑ вӑйсене тепӗр хут тума палӑртаҫҫӗ.

Ҫак кунсенче Парижра Германи ыйтӑвӗ тӗлӗшпе Нацилле конференци пулса иртнӗ. Унта хутшӑннӑ ҫынсем—тӗрлӗ организацисемпе ушкӑнсен представителӗсем—пӗр кӑмӑллӑ пулса резолюци йышӑннӑ. Конференцире пулнисем вӑл резолюцире Бонра тунӑ договорсене ҫирӗплетессине хирӗҫ тӑни ҫинчен, «Европа ҫарне» хирӗҫ тӑракан мӗнпур ҫынсене тата хастарлӑрах пӗрлештерме хатӗр тӑни ҫинчен пӗлтереҫҫӗ. Франци ҫарне тата Франци Союзӗ пӗр пӗтӗмӗшлӗ пулнине сыхласа хӑварассишӗн кӗрешекен Нацилле комитет, икҫӗр депутатран — буржуалла парти членӗсенчен тӑракан комитет та ҫавнашкал решени йышӑннӑ. Францин тӗрлӗ пайӗсенче нумай ҫынлӑ пухусем пулса иртеҫҫӗ, вӗсенче договора ҫирӗплетессине хирӗҫ протестлеҫҫӗ. Хӗвеланӑҫ Германие тепӗр хут хӗҫпӑшаллантарассине чарма требовани лартакан петици ҫине алӑ пустарас ӗҫ ӑнӑҫлӑн пулса пырать. Францири обществӑлла паллӑ деятельсем «Европа ҫарне» хирӗҫ тӑраҫҫӗ.

Парижра тунӑ договора ҫирӗплетессине хирӗҫ пыракан кӗрешӳ Бельгипе Голландире те сарӑлнӑҫемӗн сарӑлать. Ҫакна палӑртни кирлӗ: Бельгири социалистсен партийӗн сылтӑм руководителӗсен, хӑйсен рядовой членӗсем хӗснӗ пирки, договора ҫирӗплетесси ҫинчен тӑракан ыйтӑва тепӗр вӑхӑта хӑварассишӗн парламентра тухса калама тивнӗ. Социалистсен партийӗн вырӑнти федерацийӗсен нумай конференцийӗсенче «Европа ҫарне» тӑвасси ҫинчен калакан проекта сивлесе решенисем йышӑннӑ. Бельгире мире хӳтӗлес тӗлӗшпе ӗҫлекен комитет ҫӗршыври чи пысӑк 18 промышленность предприятийӗнче халӑхӑн шухӑш-кӑмӑлне ыйтса пӗлнӗ. Ыйтса пӗлнӗ 17,5 пин ҫынтан 13.875 ҫын, урӑхла каласан, 80 процента яхӑн, договорсене ҫирӗплетессине хирӗҫ тӑнине палӑртнӑ. Договорсене ҫирӗплетессишӗн 353 ҫын кӑна сасӑланӑ. 3.290 ҫын хӑйсен шухӑш-кӑмӑлне палӑртман. Бельгири политикӑлла паллӑ деятельсенчен чылайӑшӗ, вӑл шутра депутатсен палатин вице-председателӗ Брэнфо, социалистсен партийӗн лидерӗсенчен пӗри Ролен тата ытти нумай деятельсем «Европа ҫарне» тӑвассине хирӗҫ тӑраҫҫӗ.

США Голландири влаҫра тӑракан ушкӑнсене хытӑ хӗсет. Вӑл Голланди парламенчӗ «Европа ҫарӗ» ҫинчен тунӑ договора хӑвӑртрах ҫирӗплеттӗр тесе требовани лартать. Октябрь вӗҫӗнче пӗррӗмӗш палатӑн комиссийӗсенче ҫак ыйтӑва сӳтсе явма пуҫланӑ. Ҫавна май правительство ячӗпе тата парламента ӗҫсыннисенчен нумай ҫырусем пыраҫҫӗ. Голландие «Европӑри оборона пӗрлешӗвне» кӗрттермелле мар тесе, требовани лартаҫҫӗ ӗҫсыннисем. Голландири хаҫатсенче обществӑлла тата политикӑлла деятельсен ҫырӑвӗсем пичетленеҫҫӗ. Вӗсем «Европа ҫарӗ» ҫинчен тунӑ договор Голландин наци суверенитечӗпе килӗшсе тӑманнине палӑртаҫҫӗ.

Ҫапла ӗнтӗ, фактсем ҫакна кӑтартса параҫҫӗ: США-ри агрессиллӗ ушкӑнсем Хӗвеланӑҫ Германири реваншистла хӗҫпӑшаллӑ вӑйсем тума хытӑ тӑрӑшнине хирӗҫ тӑрасси ӳснӗҫемӗн ӳссе пырать. Хӗвеланӑҫ Европӑри халӑхсем, вӑл шутра нимӗҫ халӑхӗ, ҫапла шутлаҫҫӗ: Германие пӗрлештерсен тата мире юратакан демократиллӗ Германи государстви туса хурсан кӑна континентӑн ҫак пайӗнче мир тума пулать.

### КОРЕЙӐРА ТЫТКӐНРИ ҪАР ҪЫННИСЕНЕ РЕПАТРИАЦИЛЕС ӖҪЕ КАМ ЧАРСА ТӐРАТЬ

Нумаях пулмасть Польша тата Чехословаки правительствисем Швейцари правительстви патне ҫырусем ярса панӑ. Вӗсем ҫакна кӑтартса панӑ: Корейӑра тыткӑнри ҫар ҫыннисем хушшинче ӑнлантару ӗҫне туса ирттересси ҫинчен тӑракан ыйту тӗлӗшпе Швейцари тытса пыракан ҫул-йӗр Корея ыйтӑвне мирлӗ майпа татса парас задачӑсене пур енчен те хирӗҫ пырать.

«Репатриаци тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссин хӑшпӗр членӗсем, уйрӑммӑн илсен, Швейцари представителӗсем хирӗҫлемен пулсан,—тенӗ Польша правительствин ҫырӑвӗнче,—тыткӑнри ҫар ҫыннисен Ли Сын Манпа Чан Кай-ши агенчӗсем хуҫаланакан лагерӗсенче террор алхасассине тахҫанах чарса лартмаллаччӗ, ӑнлантару ӗҫне йӗркеллӗ туса пыма пулатчӗ».

Репатриаци тӗлӗшпе ӗҫлекен комисси тахҫанах ӗҫе тытӑнни паллӑ ӗнтӗ. Анчах вӑл халиччен те хӑйӗн чи кирлӗ ӗҫӗсенчен пӗрне—тыткӑнри ҫар ҫыннисем хушшинче ӑнлантару ӗҫне туса пырассине, ҫапла майпа вӗсене хӑвӑртрах репатриацилеме пулӑшас ӗҫе йӗркеллӗн туса пыма пултараймасть. Америка енӗ тыткӑнри ҫар ҫыннисен лагерӗсене Ли Сын Манпа Чан Кай-ши агенчӗсене ярать. Вӗсем, ирӗксӗрлесе тата тискер ӗҫсем туса, тыткӑнри ҫар ҫыннисене ӑнлантарас тӗлӗшпе ирттерекен калаҫусене хутшӑнма тата ҫар ҫыннисен правипе—тӑван ҫӗршыва таврӑнмалли правӑпа усӑ курма май памаҫҫӗ.

Перемири тӗлӗшпе ӗҫлекен комиссие кӗрекен Корейӑпа Китай делегацийӗ нейтральнӑй комиссие тата Америка енне ҫакӑн пек тискер ӗҫсемшӗн темиҫе хутчен те протест панӑ Унтан та ытларах, Америка представителӗсене лисынмановецсемпе чанкайшистсен — ӑнлантару ӗҫне чарса пынӑшӑн айӑплӑ ҫынсен списокне панӑ. Ҫакна пӑхмасӑр, нейтральнӑй комисси те, Америкӑн ҫар влаҫӗсем те сутӑнчӑк агентсен террористла ӗҫӗсене чарса лартас тӗлӗшпе нимӗнле мерӑсем те йышӑнмарӗҫ. Корейӑпа Китай енӗн тӗрӗслӗхлӗ протесчӗ ҫине ответлесе, Америка представителӗ Хэмблен, тыткӑнри ҫар ҫыннисене ӑнлантарулла калаҫусене хутшӑнма чӑрмантарас тесе, пропуск пункчӗсенче тӗрӗслӳ ӗҫне татах та ытларах вӑйлатассипе хӑратнӑ.

Ҫак фактсем США, тыткӑнри ҫар ҫыннисемпе хӑйӗн агрессиллӗ тӗллевӗсене пурнӑҫлас ӗҫре усӑ курас шутпа, тыткӑнри ҫар ҫыннисене ирӗксӗрлесе тытса чарас политикӑна халӗ те пурнӑҫласа пынине уҫҫӑн ҫирӗплетсе параҫҫӗ. Нумаях пулмасть маршал Ким Ир Сенпа генерал Пын Дэ-хуэй ҫакӑн пек требовани лартнӑ: Америка енӗн Корейӑпа Китайӑн тыткӑна лекнӗ 98.742 ҫынни пирки тӗплӗ ответ памалла. Тӗрӗс палӑртнӑ тӑрӑх, вӗсем американецсен аллинче тӑраҫҫӗ. Ҫакӑнпа пӗрлех Америка енӗнчен, хӑй каланӑ пек, репатриаци тӗлӗшпе ӗҫлекен комисси аллине панӑ ҫынсен списокне тӑратма требовани лартнӑ. Ҫак законлӑ икӗ требовани ҫине те ответ паман. ҫакна Америка енӗ перемири ҫинчен тунӑ килӗшӗве сӗмсӗррӗн пӑсать тесе кӑна хаклама пулать.

Тӗнчери мӗнпур ҫӗршывсенчи миллионшар ҫынсем Корея ыйтӑвне хӑвӑртрах татса пама требовани лартаҫҫӗ. Анчах пуриншӗн те паллӑ: США тытса пыракан ҫул-йӗр ҫак ӗҫе пулӑшмасть. Тыткӑнри ҫар ҫыннисене репатриацилес ӗҫе чарса пырса, Америкӑри влаҫра тӑракан ушкӑнсем тепӗр хут ҫакна кӑтартса параҫҫӗ: вӗсем мир тӑвассишӗн тӑрӑшакан тата пӗтӗм тӗнчери ҫивӗч лару-тӑрӑва ҫӑмӑллатма требовани лартакан, мире юратакан халӑхсен шухӑш-кӑмӑлне шута илесшӗн мар.

### ЧИЛИРЕ АМЕРИКА ХӖСНИНЕ ХИРӖҪ КӖРЕШӲ ВӐЙЛАНСА ПЫРАТЬ

Темиҫе уйӑх хушши ӗнтӗ Чилири общественность, хӑйӗн правительстви США-на Чили пӑхӑрне парса тӑрас ыйтупа Вашингтонпа нимӗнле калаҫу та ан ирттертӗр тесе, ҫине тӑрса требовани лартать. Юлашки вӑхӑтра ҫак требованисем тата вӑйланнӑ, мӗншӗн тесен Чилири влаҫра тӑракан ушкӑнсем халӑхран пытарса тата конгресс шухӑш-кӑмӑлне ыйтмасӑр, Пӗрлешӳллӗ Штатсемпе килӗшӳ тӑвассине пурнӑҫа кӗртме хӑтланаҫҫӗ.

Ҫак кунсенче Чили сенаторӗ Боссай конгресра ҫапла каланӑ: США-на вӑрттӑн майпа пӑхӑр нумай ӑсатнӑ, ҫавӑншӑн Чили хысни «аванс» шучӗпе 25 миллион доллар илнӗ Ҫак хыпар Чили общественноҫне хытӑ пӑшӑрхантарнӑ. Ҫав вӑхӑтрах влаҫра тӑракан ушкӑнсем ҫапла кӑтартса пама тӑрӑшнӑ: вӗсем демократиллӗ лагерьти ҫӗршывсене пӑхӑра унтан тупӑшлӑрах условисемпе сутма шутлаҫҫӗ.

Ют ҫӗршывсенчи хаҫатсем ҫакна палӑртаҫҫӗ: США Чилие пӗр кӗренке пӑхӑршӑн 35.5 цент вырӑнне 27 центран ытла мар тӳлеме палӑртать. Ку вӑл ҫакна пӗлтерет: Чили США-па суту-илӳ туса пӑхӑр хакӗн 24 процентне ҫухатать. Чили халӑхӗ кун пек малашлӑхпа, паллах ӗнтӗ, килӗшме пултараймасть. Вӑл хальхи вӑхӑтра выҫлӑх, чухӑнлӑх тата ӗҫсӗрлӗх тӳссе пурӑнать.

Чилири тӗрлӗ районсенче ӗҫсыннисен йышлӑ пухӑвӗсем пулса иртеҫҫӗ. Вӑл пухусенче ӗҫсыннисем Америка суту-илӳ тӗлӗшпе хушса тӑнине хирӗҫ, ҫӗршывра Америка монополийӗсем хуҫаланнине хирӗҫ, Чили халӑхӗн ирӗкне пӑхмасӑр США-па тунӑ ҫар килӗшӗвне хирӗҫ тухса калаҫҫӗ. Чилири нумай сенаторсем хаҫатсенче ҫырусем пичетлесе кӑлараҫҫӗ Унта вӗсем мӗнпур ҫӗршывсемпе ирӗклӗ, пӗртан, пӗр-пӗриншӗн усӑллӑ условисемпе суту-илӳ тума требовани лартаҫҫӗ.

Чилири «Эль Сигло» хаҫат Чилире Америкӑн «Анаконда коппер майнинг» тата «Брэден коппер майнинг» компанисем хуҫаланни ҫинчен тарӑхса ҫырать. Пур ӗҫсем те оккупациленӗ территори ҫинчи пекех пулса пыраҫҫӗ,—тесе ҫырать хаҫат.—Америкӑн ҫак компанийӗсем чӑннипе мӗн чухлӗ пӑхӑр илсе кайнине, вӑтам шутпа илсен те, никам та шута илмест, никам та шутламасть...»

Ют ҫӗршывсенчи хаҫатсем пӗлтернӗ тӑрӑх, пӑхӑр пирки Чилипе Америка хушшинче ирттерекен калаҫусем чарӑннӑ, мӗншӗн тесен США Америкӑн Чилири компанийӗсене ытларах усӑ паракан требованисем нумай кӑларса тӑратнӑ. Анчах та ҫакӑв пирки иккӗленмелли ҫук пулмалла: Чили правительстви калаҫусене чарса лартнин сӑлтавӗсенчен пӗри ҫӗршывра Америка хыттӑн хӗснине хирӗҫ пыракан кӗрешӳ ӳснӗҫемӗн ӳссе пыни пулать.

**Д. БОЧАРОВ.**



Кӑҫал совет ҫар карапӗсен пӗр отрячӗ Болгари Халӑх Республикинче пулнӑ. Карапсен отрядне вице-адмирал В. А. Пархоменко ертсе пынӑ. Совет морякӗсене пур ҫӗрте те туслӑн, ӑшшӑн кӗтсе илнӗ.

ӲКЕРЧӖКРЕ ҪИНЧЕ: София хулинче. Совет морякӗсем Вырӑссемпе болгарсен тӑванлӑх музейӗнчи экспонатсене пӑхаҫҫӗ.

Болгари телеграф агентствин фотоӳкерчӗкӗ.

## Китайра чугун ҫул транспорчӗ аталанни

ПЕКИН, ноябрӗн 16-мӗшӗ. (ТАСС). «Женьминьжибао» хаҫат Китай Халӑх Республикин чугун ҫул министрӗ Тэн Дай-юань ҫӗршыври чугун ҫул транспорчӗн ӗҫӗ ҫинчен ҫырнӑ доклада пичетлесе кӑларнӑ. Вӑл доклада Тэн Дай-юань государство администраци совечӗн 191-мӗш ларӑвӗнче тунӑ пулнӑ.

Докладра ҫакна кӑтартса панӑ: чугун ҫул транспортӗнчи мӗнпур работниксем вӑй-хал хурса ӗҫленине пула, совет специалисчӗсен пулӑшӑвне пула тата Китайри чугун ҫулсем ҫинче Китайри Чанчунь чугун ҫулӗн малта пыракан опычӗпе усӑ курнине пула, тӑватӑ ҫул хушшинче чугун ҫулсен ӗҫӗ нумай лайӑхланнӑ.

Ҫӗршыва ирӗке кӑларнӑ хыҫҫӑн чугун ҫул линийӗсене 9.990 километр тӑршшӗ юсанӑ, чугун ҫулӑн мӗнпур тӗп магистралӗсене юсанӑ, ҫӗнӗрен 1.473 километр тӑршшӗ чугун ҫулсем тунӑ. Кунта Баоцзи—Тяньшуй чугун ҫулӗ те кӗрет. Унӑн тӑршшӗ 153 километр. Халӗ Китай Халӑх Республикинчи чугун ҫул линийӗсен тӑршшӗ пурӗ 24.232 километра ҫитет.

1952 ҫулта турттарнӑ таварсен хисепӗ, 1950 ҫулхипе танлаштарсан, 32,2 процент ӳснӗ.

Тӑватӑ ҫул хушшинче ҫӗршывра чаплӑ новаторсем нумай палӑрнӑ. Вӗсем: Ли Си-куй диспетчер, Чжэнь Си-кунь машинист, ҫӗнӗ меслетпе груз тиес ӗҫе пуҫарнӑ Ян Мо-лин тата ыттисем те. Вӗсен малта пыракан ӗҫ меслечӗсемпе республикӑри чугун ҫулсем ҫинче анлӑн усӑ кураҫҫӗ.

## Совет Союзӗ 36 ҫул тултарнӑ ятпа Нью-Йоркра ирттернӗ митинг

НЬЮ-ЙОРК, ноябрӗн 14-мӗшӗ. (ТАСС). Совет Союзӗ 36 ҫул тултарнӑ ятпа тата СССР-па Пӗрлешӳллӗ Штатсем хушшинче дипломатиллӗ ҫыхӑнусем тытма пуҫланӑранпа 20 ҫул тултарнӑ ятпа ноябрӗн 12-мӗшӗнче Нью-Йоркри «Капитоль» отелӗн залӗнче митинг пулса иртнӗ. Митинга Америкӑпа Совет Союзӗ хушшинчи туслӑхӑн нацилле совечӗ пухнӑ.

Митинг уҫӑлнӑ тӗле 1.500 ҫынна яхӑн вырнаҫмалӑх зал тулли пулнӑ. Америкӑпа Совет Союзӗ хушшинчи туслӑхӑн нациллӗ совечӗн председателӗ Джон Кингсбери, митинга уҫса, унта пухӑннӑ ҫынсене Совет Союзӗ 36 ҫул тултарнӑ ятпа саламланӑ. Вӑл ҫапла каланӑ: кун пек митинга хальхи вӑхӑтра Сан-Францискӑра та ирттереҫҫӗ, тенӗ. Джон Кингсбери Совет Союзӗнчи халӑхсем 36 ҫул хушшинче мӗнпур ӗҫре тунӑ питӗ пысӑк ҫитӗнӳсене палӑртнӑ. Совет Союзӗ питӗ пысӑк держава пулса тӑчӗ, тет Кингсбери, СССР-па США хушшинчи—тӗнчери чи пысӑк ҫӗршывсем хушшинчи — туслӑхсӑр мир пулма пултараймасть, мӗнпур ҫӗршывсенчи халӑхсен малашлӑхӗ пулма пултараймасть. Ҫавӑнпа та хальхи тапхӑрти тӗп задачӑсенчен пӗри вӑл миршӗн, мирлӗ пурӑнассишӗн кӗрешесси пулать.

Ун хыҫҫӑн Мелиш священник тухса каланӑ. Вӑл Совет Союзӗ пӗтӗм тӗнчери халӑхсемшӗн питӗ пысӑк вырӑн йышӑнса тӑни ҫинчен тӗплӗн чарӑнса тӑнӑ. Роберт Морсс Ловетт профессор Совет Союзӗнчи халӑхсен хӑйсен ҫулӗпе пымалли правашӑн тата хӑйсем кӑмӑлланӑ пек ҫӗнӗ общество тӑвассишӗн пынӑ кӗрешӗвӗн историйӗ ҫинчен аса илтернӗ. США-ри влаҫра тӑракан ушкӑнсен Совет Союзӗ тӗлӗшпе тытса пыракан тулашри политикине сивлесе, Ловетт СССР-па США-ри халӑхсем хушшинчи туслӑха ҫирӗплетессишӗн тата сарса пырассишӗн кӗрешме чӗнсе каланӑ.

Уильям Дюбуа профессор хӑйӗн сӑмахӗнче Совет Союзӗ миршӗн пыракан кӗрешӳре тунӑ питӗ пысӑк тава тивӗҫлӗ ӗҫсене, вӑл икӗ системӑна—капитализмпа социализма пӗр вӑхӑтрах мирлӗ майпа пурӑнмалла тӑвассишӗн яланах тӑрӑшнине паллӑ тунӑ. Ҫак политика Совет государствин пӗтӗм историйӗнче питӗ лайӑх палӑрать. Совет Союзӗ халӗ те ҫак тӗп тӗллевшӗн кӗрешет, кӑтартса панӑ Дюбуа профессор, Совет Союзӗ атомлӑ хӗҫпӑшала чарасси тата хӗҫпӑшалсене чакарасси ҫинчен панӑ сӗнӳсем те ҫакӑн ҫинчен калаҫҫӗ. Истори ҫакна кӑтартса парать: пиншер те пиншер американецсем социализмпа капитализм тӗнчи пӗр вӑхӑтрах мирлӗ майпа тытӑнса тӑма пултарнине, США-па СССР хушшинче туслӑх пулма пултарнине ӗненеҫҫӗ.

Митинг вӗҫӗнче «Халӑхсем хушшинчи мире ҫирӗплетнӗшӗн» Пӗтӗм тӗнчери Сталинла премие лауреачӗ ятне илнӗ Поль Робсон тухса каланӑ: Робсон ҫапла пӗлтернӗ: чи пысӑк державӑсем—США-па Совет Союзӗ хушшинчи ҫыхӑнусене лайӑхлатассишӗн пыракан кӗрешӳ Америкӑри халӑхсемшӗн питӗ пысӑк пӗлтерӗшлӗ пулса тӑрать. Юлашки ӗҫсем, тенӗ вӑл, ҫакӑн ҫинчен калаҫҫӗ: ҫак кӗрешӳре ҫитӗнӳ патне пымалли ҫул—ҫӑмӑл ҫул мар. Ҫавӑнпа та мӗнпур прогрессивлӑ вӑйсене, шурӑ ӳтлисемпе хура ӳтлисен вӑйӗсене, рабочисемпе служащисен вӑйӗсене пӗрлештерни кирлӗ. Американецсен тӑван ҫӗршывӗн кун-ҫулӗшӗн, вӗсен ачисен кун-ҫулӗшӗн, пӗтӗм тӗнчери мирӗн кун-ҫулӗшӗн мӗнпур американецсем ответлӑ пулса тӑнине ӳстермелле.

Митинг вӗҫленнӗ хыҫҫӑн Поль Робсон акӑлчанла, вырӑсла, полякла тата ытти чӗлхесемпе темиҫе юрӑ юрласа панӑ. Митингра пулнисем вӑл юрланине ӑшшӑн кӗтсе илнӗ.

### МОСАДДЫКА СУД ТУНИ

ТЕГЕРАН, ноябрӗн 16-мӗшӗ. (ТАСС). Мосаддык докторпа Иран ҫарӗн генеральнӑй штабӗн начальникӗ пулнӑ Рияхи генерала суд тӑвасси малалла пырать. Рияхие хӳтӗлекенсем—Азмин полковник, Занд контр-адмирал ноябрӗн 12-мӗшӗнче каҫхине тухса каланӑ тата дивизионнӑй генерал Мир-Джалали ноябрӗн 14-мӗшӗнче ирхине тухса каланӑ Вӗсем ҫапла пӗлтернӗ: ҫак судӑн Мосаддыкпа Рияхие суд тума право ҫук, тенӗ.

Ун хыҫҫӑн Азмуде прокурор тухса каланӑ. Вӑл ҫапла ҫирӗплетсе каланӑ: судӑн ҫак ӗҫе пӑхса тухма право пур, тенӗ. Прокурор тухса каланӑ хыҫҫӑн, Рияхие хӳтӗлекенсем иккӗмӗш хут тухса каланӑ.

### ИРАНРИ ЛАРУ-ТӐРУ

ТЕГЕРАН, ноябрӗн 16-мӗшӗ. (ТАСС). «Эттелаат» хаҫат ҫапла пӗлтерет: ноябрӗн 12-мӗшӗнче Тегеранри ҫар влаҫӗсем 268 ҫынна арестленӗ, вӗсенчен 218 ҫынна Харг утравӗ ҫине (Перси заливӗнче, — Ред.) ӑсатнӑ. Утрав ҫине ӑсатнӑ ҫынсем хушшинче—студентсем, вӑтам шкулсенче вӗренекенсем тата сутуҫӑсем.

Малалла хаҫат ҫакна кӑтартса парать: ноябрӗн 14-мӗшӗнче тата 50 купеца яхӑн арестленӗ. Вӑл купецсен магазинӗсем ноябрӗн 12-мӗшӗнче хупӑ тӑнӑ пулнӑ.

### ЭЙЗЕНХАУЭР КАНАДАНА ПЫНА

ОТТАВА, ноябрӗн 15-мӗшӗ. (ТАСС). Ӗнер Оттавӑна США президенчӗ Эйзенхауэр пырса ҫитнӗ. Унпа пӗрле Лодж сенатор пынӑ.

## ҪӖНӖ КӖНЕКЕСЕМ

**Шкул ҫулне ҫитнӗ ачасем валли.** Чӑваш АССР государство издательстви ачасем валли чылай кӗнекесем пичетлесе кӑларать. Нумаях пулмасть В. Долгов ҫырнӑ «Пирӗн ҫывӑх юлташ» ятлӑ кӗнеке пичетленсе тухрӗ. Ӑна шкул ҫулне ҫитнӗ ачасем валли ҫырнӑ.

Кӗнекере пурӗ пилӗк калав, вӗсене ӳкерчӗксемпе илемлетсе кӑларнӑ. Ӳкерчӗксене П. Сизов художник тунӑ. Кӗнеке хуплашкине илемлӗ сӑрӑсемпе пичетленӗ.

**Тутар писателӗсен калавӗсем.** Чӑваш АССР государство издательстви тутар писателӗсен калавӗсене чӑвашла куҫарса кӑларнӑ.

Сборнике тутарсен паллӑ писателӗсемпе поэчӗсен калавӗсене кӗртнӗ. Вӗсен шутӗнче: Габдулла Тукай, Шариф Камал, Мухамет Гали, Гумер Баширов, Кави Наджми тата ыттисен калавӗсем те пур.

Кӗнеке вӗҫӗнче авторсем ҫинчен каланине пичетленӗ.

Кӗнекере 228 страница, тиражӗ 3.000 экземпляр, хакӗ 4 т. 90 п.

### Тӗрӗслеме янӑ ҫырусем тӑрӑх

«Коммунизм ялавӗ» хаҫат редакцине Красноармейски районӗнчи Молотов ячӗпе тӑракан колхозра спорт ӗҫне ҫителӗксӗр организациленни ҫинчен пӗлтерекен ҫыру килнӗччӗ. Ӑна Красноармейски райсовет исполкомне тӗрӗслеме янӑччӗ.

Район Совечӗн исполкомӗ ҫырура кӑтартнӑ фактсем тӗрӗс пулнине пӗлтерчӗ. Физкультурӑпа спорт ӗҫне лайӑхлатасси ҫинчен колхозри комсомолецсемпе союзра тӑман ҫамрӑксен пухӑвӗнче сӳтсе явнӑ. Физкультурӑпа спорт ӗҫне йӗркелеме тивӗҫлӗ мерӑсем йышӑннӑ.

* * *

«Коммунизм ялавӗ» хаҫат редакцине Елчӗкри ҫыхӑну кантурӗнче йӗркесӗрлӗхсем пурри ҫинчен пӗлтерекен ҫыру килнӗччӗ. Редакци ҫырӑва СССР Ҫыхӑну министерствин Чӑваш республикинчи управленине янӑччӗ. Ҫыхӑну управленийӗ ҫырура кӑтартнӑ фактсем тӗрӗс пулнӑ тесе пӗлтерчӗ. Ҫыхӑну кантурӗн начальникӗ пулнӑ З. А. Беляева йӗркесӗр ӗҫленӗшӗн вырӑнтан кӑларнӑ.

* * *

Первомайски районӗнчи Ленин ячӗпе тӑракан вӑрман промысла артелӗн председателӗ А. Иванов юлташ тӗрӗс мар ӗҫлени ҫинчен «Коммунизм ялавӗ» хаҫат редакцине ҫыру килнӗччӗ. Ҫырӑва редакци Первомайски райисполкомне тӗрӗслеме янӑччӗ.

Первомайски райсовет исполкомӗ ҫырура кӑтартнӑ фактсем тӗрӗс пулнӑ тесе пӗлтерчӗ. Иванова ӗҫри ҫитменлӗхсене пӗтерме хушнӑ.

* * *

«Коммунизм ялавӗ» хаҫат редакцине Шупашкарти садсемпе площадьсене, бульварсене, лайӑх ҫуртсене тата ытти илемлӗ вырӑнсене ӳкерсе илемлӗ открыткӑсем тума сӗнекен ҫыру килнӗччӗ. Редакци ҫырӑва Чӑваш АССР Культура министерствине янӑччӗ.

Культура министерстви илемлӗ открыткӑсем пичетлес пирки ҫыру авторӗ ыйтӑва тӗрӗс хускатни, анчах та республикӑри полиграфи промышленноҫӗнче кирлӗ оборудовани ҫук пирки, халиччен ҫав открыткӑсене пичетлеме май килменни ҫинчен пӗлтерчӗ. Чӑваш АССР Культура министерстви ҫитес ҫул илемлӗ открыткӑсем пичетлемелле тума палӑртни ҫинчен пӗлтерчӗ.

### Пӗлтерни

Ноябрӗн 17-мӗшӗнче, 20 сехетре, КПСС хула комитечӗн библиотека ҫуртӗнче политикӑлла экономие вӗренекенсем валли лекци пулать. Лекци теми: «Политикӑлла экономи предмечӗ».

Лектор—П. Л. Лебедев юлташ.

**КПСС ХУЛА КОМИТЕЧӖ.**

**Редактор В. Я. ЯКОВЛЕВ.**

ТЕАТР

ЧӐВАШ АКАДЕМИ ТЕАТРӖНЧЕ—ноябрӗн 17-мӗшӗнче чӑвашла спектакль «Виҫӗ туй».

Спектакль 19 сехет те 30 минутра пуҫланать.

КИНО

«УДАРНИК»—ноябрӗн 17-мӗшӗнче ҫӗнӗ илемлӗ фильм-спектакль «Враги».

16 сехет те 15 минутра тата 20 сехет те 15 минутра пуҫланакан сеанссенче—пӗррӗмӗш сери, 18 сехет те 15 минутра тата 22 сехет те 15 минутра пуҫланакан сеанссенче—иккӗмӗш сери.

## Румынире йываҫсем лартаҫҫӗ

БУХАРЕСТ, ноябрӗн 13-мӗшӗ. (ТАСС). Халӑх демократи стройӗ туса хунӑ хыҫҫӑн Румынире типӗ ҫанталӑка хирӗҫ кӗрешес, Добруджӑри ҫеҫенхирсенчен тырпул акса тума юрӑхлӑ район тӑвассишӗн пыракан ӗҫ анлӑн сарӑлнӑ. Юлашки тӑватӑ ҫул хушшинче 150 пин ытла гектар ҫӗр лаптӑкӗ ҫинче типӗ ҫилтен хӳтӗлемелли вӑрман тӑрӑхӗсем лартнӑ. Ҫак вӑрман тӑрӑхӗсен тӑршшӗ пӗтӗмпе Бухарестпа Москва хушши чухлӗ пулать. Лартнӑ йываҫсем 4—6 метр ҫӳлӗш пулнӑ ӗнтӗ, вӗсем облаҫӑн сӑн-сӑпатне тӗпренех улӑштарнӑ. Кунта халӗ тулӑ тата ытти тӗшнырӑ культурисем акса ӳстерме май пур.

Пурӗ 20 миллион йывӑҫ лартнӑ. Вӑл шутра улма-ҫырла йывӑҫҫисем нумай. Вӗсен ҫак ҫулсенчех ҫимӗҫ пама тытӑнаҫҫӗ. Ҫавӑн пекех тут йывӑҫҫисем 87 пин тата 4 миллион акаци лартнӑ.

## Паньмыньчжонри канашлура

ПЕКИН, ноябрӗн 14-мӗшӗ. (ТАСС). Синьхуа агентствин корреспонденчӗ Кэсонран ҫапла пӗлтерет:

Политикӑлла конференци пухас тӗлӗшпе тӑракан ыйтусем тӑрӑх ирттерекен калаҫусенче икӗ енӗн делегацийӗ паян ҫакӑн пек пӗлтерни пичетлесе кӑларнӑ:

Политикӑлла конференци пухас тӗлӗшпе тӑракан ыйтусем тӑрӑх ирттерекен калаҫусене хутшӑннӑ икӗ енӗн представителӗсем 1953 ҫулхи ноябрӗн 14-мӗшӗнче килӗшӗве ырланӑ. Вӑл килӗшӗве политикӑлла конференци пухас тӗлӗшпе тӑракан ыйтусем тӑрӑх ирттермелли калаҫусен кун йӗркипе калаҫусен йӗрки мӗнле пулмалли ҫинчен икӗ енӗн советникӗсен ларӑвӗнче калаҫса йышӑннӑ. Аялтарах килӗшӗвӗн ҫакӑн пек текстне пичетленӗ.

Кун йӗркипе калаҫусен йӗркине тӑвасси ҫинчен тунӑ килӗшӳ:

Пӗр-пӗрин шухӑшне ыйтса пӗлмелле тата ҫакӑн ҫинчен решени йышӑнмалла:

1. Политикӑлла конференцин йышӗ тата ӑна пухмалли вырӑн.

2. Политикӑлла конференцие хӑш вӑхӑтра пухасси.

3. Политикӑлла конференцие ирттерессипе ҫыхӑннӑ ӗҫ йӗркисем.

4. Политикӑлла конференцие хатӗрленӗ тӗлӗшпе туса ирттермелли административлӑ ӗҫсем.

5. Политикӑлла конференци ирттерессипе ҫыхӑннӑ расходсем.

Асӑрхаттарни (1): Кун йӗркинчи кирек мӗнле пунктсем тӑрӑх та калаҫусем ирттерессине пӗр вӑхӑтра ирттерме пулать. Конференци йышӗпе ӑна ӑҫта пухасси ҫинчен тата конференцие хӑҫан пухасси ҫинчен тӑракан ыйтӑва икӗ подкомитетра пӗр вӑхӑтра сӳтсе явма юрать.

Асӑрхаттарни (2): Кун йӗркинчи кирек хӑш пункт тӗлӗшпе татӑклӑн решени йышӑнма кун йӗркинчи мӗнпур ыйтусене татса париччен тӑхтаса тӑмалла.



РЕДАКЦИ АДРЕСӖ: г. Чебоксары, ул. Володарского, 5. Дом печати. ТЕЛЕФОНСЕМ: редактор—0-67, редактор заместителӗ—4-17, ответлӑ секретарь—4-26, секретариат—3-54, промышленность пайӗ—5-74, информаци пайӗ—13-37, парти пурнӑҫ пайӗ—3-99, обзорсен пайӗ—6-84, пропаганда пайӗ—3-21, ялхуҫалӑх пайӗ—3-97, культура пайӗ—8-61, совет строительстви пайӗ—3-54, ҫырусен пайӗ—7-32, издательство кантурӗ—0-23.

НТ 09385 Типография № 1 Министерства культуры Чувашской АССР. Заказ № 2651. Тираж 20,000 экз.